*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 5 (20138) • Шăматкун, 1990 çулхи январĕн 6-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Çуракине хатĕрленсе*

## ХĔЛ КУНĔСЕМ— ТУХĂÇШĂН

Мĕн акатăн, çав шăтать, тенĕ ваттисем. Çак чăнлăха «Прогресс» колхозри ял ĕçченĕсем лайăх пĕлеççĕ. Ахальтен мар çулсерен пахалăх вăрлăх хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Çуракипе çĕр акинче пĕрремĕшпе иккĕмĕш класлă вăрлăхпа çеç усă куратпăр. Ку вăра çулсерен ялхуçалăх культурисен пысăк тухăçне илме май парать.

Вăрлăх пахалăхĕшĕн кĕрешӳ хĕрӳ ĕççинчех пуçланать. Пĕтĕм çинчех тасатса тырра келете хыватпăр. Акă, çитес çураки валли колхоз 6.060 центнер вăрлăх хатĕрленĕ. 90 проценчĕ пĕрремĕшпе иккĕмĕш класлă.

Çĕнĕ сортсемпе усă курма тăрăшатпăр. Пĕлтĕр Тутар АССРĕнчи Апас районĕнчи пĕр хуçалăхран çурхи тулăн «люба» сортне туянтăмăр. Малтан ăна сăнаса пăхмалла. Тускелĕнчи комплекслă бригадăри пусăна 12 гектар акрăмăр. А. Данилов бригадинче ăна гектар пуçне 30 центнера яхăн туса илчĕç. Ытти сортсен тухăçĕ 19 центнертан иртмерĕ. Кăçал çĕнĕ сорт 70 гектар акма çитет.

Выльăхсен апатĕнче белок хисепне ӳстерес тĕллевпе 230 гектар çинче пăрçа туса илетпĕр. Унăн вăтам тухăçĕ пĕлтĕр гектар пуçне 25 центнерпа танлашрĕ. В. Игнатьев ертсе пыракан бригадăра «неосыпающийся—1» пăрçана гектартан 31 центнер туса илчĕç. Кăçал ĕнелсем асăннă культура вăрлăхне 1.200 центнер хывнă. Вăл пĕтĕмпех ака стандарчĕн пĕрремĕш класне тивĕçтерет. Вика вăрлăхĕ — пурĕ 240 центнер — тасалăхĕпе те, шăтаслăхĕпе те пĕрремĕш класлă.

Нумай çул ӳсекен курăксен пуссине çĕнетме 50 центнер люцерна вăрлăхне хамăр колхозрах туса илнĕ. Унăн пĕр пайне кӳршĕ колхозсене те сутма пулать. Пиçен вăрринчен тасатма магнитлă сортировкăсем витĕр калăрнă.

Хальхи вăхатра колхозниксем çурхи тулă вăрлăхне (10 проценчĕ виççĕмĕш класлă) пысăкрах класа лартаççĕ. Ку тĕлĕшпе колхозра ятарлă звено ĕçлет. Ăна П. Кузнецов механизатор ертсе пырать. Çĕнĕ çул умĕн 600 центнер вăрлăха тасатса районти инспекцине тĕрĕслеттерме леçрĕмĕр. «Московский—2» тата «цивильский» урпа вăрлăхĕ — пурĕ 1.800 центнер — пысăк класлă.

Паллă ентĕ, кăçал çĕрулми вăрлăхĕ хатĕрлес ĕçре чăрмавсем чылай пулчĕç. Унăн пысăк пайĕ тĕрлĕ чирсемпе сиенленчĕ. Çавăнпа та çĕрулми хранилищĕсенче тата путвалсенче мĕнле упранипе куллен интересленсех таратпăр. Акă, çак кунсенче, халăх контролерĕсемпе пĕрле пур бригадăсенче пулса, тĕрĕслев ирттертĕмĕр. «Иккĕмĕш çăкăра» 140 гектар çинче лартма палăртатпăр. Пурĕ 5.800 центнер вăрлăх пур. Çĕрулмин çĕнĕ сорчĕсене туянтăмăр. Патăрьел районĕнчи «Ленинец» колхозран «бронницкий» сорт 180 центнер илсе килнĕ. Çак сорт малашне пĕтĕм лаптăкăн çурринче йышăнмалла. Ир пулакан «уральский ранний» сорт вăрлăхне 750 центнер хывнă.

Çапла, тухăçлă тырпул çитĕнтерес тесен, хĕлле те çине тарса ĕçлес пулать. Çакна пирĕн хуçалăхри уй-хир ĕçченĕсем самантлăха та манмаççĕ. Халĕ механизаторсен пĕр кун та ахаль иртмест. Хăшĕсем фермăсем сывăхĕнчи тислĕке хире турттарса калараççĕ, теприсем хĕрсех техникăна юсаççĕ. Ĕç хыççăн агротехника кружокĕн занятийĕсене пуханатпăр.

**В. ТЕПЛОВ,**
**Елчĕк районĕнчи «Прогресс» колхозăн главнăй агрономĕ.**



## ТĔП ВЫРĂНТА—ПАХАЛĂХ

**«Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче туса кăларакан тракторсен пахалăхĕ водитель-сăнавçăсенчен те нумай килет. Пĕрремĕш сборка цехĕнчи Сергей Егоров, Александр Петров, Николай Иванов хăйсен ĕçне чунтан юратса пурнăçланипе палăрса тăраççĕ.**

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

## ПЛАНРАН ИРТТЕРСЕ

**Çулталăк хушши аренда йĕркипе ĕçлерĕ Шупашкарти «Строцкерамика» завод коллективĕ. Çавăнпа 1989 çул итогĕсем пурне те хытă интереслентерчĕç.**

Планран иртттерсе пĕр миллион та 24 пин кирпĕч, 56 пин тăваткал метр плитка, 12 пин кубометр керамзит туса кăларнă. Продукци ярса памалли договор обязательствисене пĕтĕмпех пурнăçлана...

## УÇÇĂН ÇЫРНĂ ÇЫРУСЕМ

## Çĕр хут илтиччен...

Ялхуçалăх институчĕ нумай ялалана пĕлме пулашрĕ, уншăн тавах хамăра вĕрентнĕ преподавательсене. Анчах тĕп специальноçа вĕрентнĕ чухне теорие практикăпа çирĕплетсе пыни çук тесен те тĕрĕс пулĕ. Ахальтен каламаççĕ çав: «Çĕр хут илтиччен пĕр хут кур»,— тесе.

Ялхуçалăх техникине ăпăхрах пĕлни ĕçлеме тытăнсан самаях чăрмав курет. «Ялхуçалăх техники» дисциплинăна иккĕмĕш курсра вĕрентĕмĕр. Ӳн хыççăн ике çул Совет çарĕнче пулма тивре. Çака та икĕ çул хушшинче нимĕне пĕлеве манаçма пулăшрĕ. Вĕренне чух та пĕр хускалмасăр ларакан экспонатсем умĕнче кăна пĕлӳ илме тур килчĕ. Çакăн усси сахал, паллах, вĕренни часах манаçать. Хăвăн аллупа ялхуçалăх машинине тытса пăхмасăр теори хăй кăна пуçра тарса юлмасть.

Ман шутпа, студентсене теори вĕрентнĕ хыççăн уй-хире ытларах илсе тухса, пĕлĕве практикăпа çирĕплетмелле. Шел пулин те, кун пекки ялхуçалăх институтĕнче пурнăçа кĕмен-ха. Асларах курссене хăйсене çĕр лаптăкĕсем уйăрса парса, хăйсене тракторсем çине лартса ĕçлеттерни те вĕренӳ процесĕнче пысăк пулăшу парĕ. Ан тив, пулас агроном трактористăн йывăр ĕçне хăй туйтăр, ун ĕçне хакласа вĕрентĕр.

Ялхуçалăх специалисчĕн çынсемпе куллен хутшăнас, вĕсемпе пĕр чĕлхе тупса ĕçлес пулать. Кашни çынăн хăйĕн кăмăлĕ, характерĕ, шăпи. Çавăнпа, ман шутпа, институтра психологие те вĕрентмелле.

Чăваш ялхуçалăх институчĕн «Приволжское» вĕренӳ хуçалăхĕн пĕр пайне студентсен аллине парсан, лайăх пулĕ. Унта вĕсем ялхуçалăх специальноçĕсене тарăнрах вĕренсе алла илĕç. Хăйсен аллипе туса илнĕ ялхуçалăх продукцийĕ студентсене укçа-тенкĕ енчĕн пулăшу пулĕ, института та пысăк тупăш кӳрĕ.

3-мĕшпе 4-мĕш курссем хыççăн тĕрлĕ хуçалăхсене практикăна кайсан, практикантсемпе вырăнти специалистсемпе руководительсем тимлĕ ĕçлемеççĕ. Вĕсене пĕр-пĕр ĕç е должность шанса параççĕ те урăх вĕсем çине çаврăнса та пăхмаççĕ. Хам опытран калатăп çакна.

**В. КАЗАНЦЕВ.**

Улатăр районĕ,
Кивĕ Эйпеç.

## Хисепсĕр географи

Чăваш педагогика институчĕпе университетра республикăри шкулсенче ĕçлеме пур предметсемпе те учительсем çителеклĕ хатĕрлеççĕ пулсан, географи учителĕсене республика тупăлсан, географи учителĕсене республика тупулсан, [sic] ... Вĕлашенчи асла шкулсенче çеç хатĕрлеççĕ. Вĕсене те çителеклĕ ярса памаççĕ, е чылайăшĕсене те çителеклĕ ярса памаççĕ, е чылайăшĕсене нумай вăхăт ĕçлемест. Çакăн пек шкулсенче нумай вăхăт ĕçлемест. Çакăн пек шкулсалтав та пур: ялти сахал комплектлă шкулсенче географи урокĕсем çур ставкалах ка-

Ыйтăва малалла тĕпчемелле. Тĕпчев ĕçĕсем республикăн географи атласĕ çинче курăнччăр. Экологи карттине тăвассишĕн тăрăшмалла. Шкулсем валли республика географин учебникне çĕнетсе кăлармалла, хрестомати те кирлĕ, картинăсем, фильмсем, контурлă карттăсем çук. Класла ĕçлеме пысăк масштаблă карттăсем кирлĕ. Çак ĕçе, географи кафедри пулсан тума пулĕччĕ.

**А. ПРОКОПЬЕВ,**
**географ-геоморфолог.**

Çĕрпӳ районĕ.

## Хаяр сăмах

Эпĕ сирĕн хаçата нумай çул хушши çырăнса илетĕп, кунсерен вулатăп тесе савăнтараймастăп. Çук, япăх хаçат тесе мар, май пур чухне, тĕл пулсан, пĕр саспалли юлмиччен вулатăп. Чăваш чĕлхипе—хамăн тăвăн чĕлхепе — пичетленĕшĕн те хисеплетĕп ăна. Пирĕн пилĕк ача, хаçат çырăнса илме мар, ачасене чи кирлине илме те укçа-тенкĕ çитсе пымасть. Паян — хаçат-журнала, ырăн тата мĕн кăларса пăрахма тивĕ-ши пурнăçран? Хăрушă пулса каять шухăшласан...

Пин çура тенкĕ кивçен илес тенĕччĕ. Вăтăр çула çитмен çамрăк çемьесене параççĕ тенине илтнĕ. Анчах пур çĕре пырсан та: «Эпир пĕлместпĕр, пирĕн кун пек ссуда памаççĕ», — теççĕ. Камран ыйтса илмелле-ши? Вăтăр çула çитиччен пур-ха вăхăт.

Пур çĕре пырсан та: «Çуратса тултарнă!»— сăмаха илтме тивет. Пирĕн атте-анне вăхăтĕнче пур çемьере те 5 ачаран кая пулман. анчах çак сăмахсем çӳремен. Халĕ мĕн пулнă, мĕн улшăннă-ши пурнăçра?!

Хамăн чăн ята çырма ыйтмастăп, мĕскĕнпĕн, кĕлмĕçле курăнас килмест. Май пулсан, çак сăвва пичетлеймĕр-ши?

**«Çуратса тултарнă!» — сиввĕн**
**Эс каларăн аннене.**
**Ик сăмах кăна. Чул тивнĕн**
**Амантаççĕ чĕрене.**
**Эс пире те кӳрентертĕн**
**(Çут хĕвел çитет пурне),**
**Ман пирки халь çеç систертĕн:**
**«Ма çуралнă çĕр çине!»**
**«Çуратса тултарнă!» — терĕн.**
**Çакă икĕ сăмаха**
**«Ма пурнатăр! Ма сывлатăр!»**
**Тенĕ пек ăнланмалла.**
**Хăв «анне» тесе чĕнмен-ши!**
**Ӳстермен-им хăв пепке!**
**Шăллăм, йăмăксем пурришĕн**
**Аннене эс ан тирке!**
**Эс асра тыт: кӳрентертĕн**
**Çĕр çинчи пур аннене,**
**Çĕр-Анне, епле тӳсетĕн**
**Çак хаяр сăмахсене!**

*Елена ИЛЕМ.*

**РЕДАКЦИРЕН:** *поэзие чунтан парăннăран, юратупа хĕмленнĕрен е тата... ĕççĕр аптăранăран та сăвă çыраççĕ çынсем. Кун пеккине вăра — чун ыратнăран сăвă çыраканнине курманччĕ. Еленăн пĕрремĕш сăвви пулас куманччĕ. Пиççе çитнĕ сăвă темех çук. Чунĕ кӳтсе çитни кашни йĕркерех курăнса тăнăран, кăштах тӳрлетсе пичетлес терĕмĕр.*

## Ялта мĕншĕн

*Суйлав умĕн*

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕССĔ

ровкăна тăнă. 151-мĕш Шуршăл суйлав округĕ тарăх Чĕваш АССР ...

пĕр. Унăн вăтам тухăçĕ пĕлтĕр гектар пуçне 25 центнертан иртрĕ. В. Игнатьев ертсе пыракан бригадăра «неосыпающийся—1» нарçана гектартан 31 центнер туса илчĕç. Кăçал ĕнелсем асăнна культура вăрлăхне 1.200 центнер хывнă. Вал пĕтĕмпех ăна стандарчĕн пĕрремĕш класне тивĕçтерет. Вика вăрлăхĕ — пурĕ 240 центнер — тасалăхĕпе те, шăтаслăхĕпе те пĕррремĕш класлă.

Нумай çул ӳсекен курăксен пуссине çĕнетме 50 центнер люцерна вăрлăхне хамăр колхозрах туса илнĕ. Унăн пĕр пайне кӳршĕ колхозсене те сутма пулать. Пиçен вăррине йышăнмалла. Ир пулакан «уральский ранний» сорт вăрлăхне 750 центнер хывнă.

Çапла, тухăçлă тырпул çитĕнтерес тесен, хĕлле те çине тăрса ĕçлес пулать. Çакна пирĕн хуçалăхри уй-хир ĕçченĕсем самаях лайăх ăнланаççĕ. Халĕ механизаторсен пĕр кун та ахаль иртмест. Хăшĕсем фермăсем сывлăхĕ... тислĕке хире турттарса кăлараççĕ, теприсем хĕрсех техникăна юсаççĕ. Ĕç хыççăн агротехника кружокĕн занятийĕсене пухăнатпăр.

В. ТЕПЛОВ,
Елчĕк районĕнчи «Прогресс» колхозăн главнăй агрономĕ.

## ТĔП ВЫРĂНТА—ПАХАЛĂХ

**«Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче туса кăларакан тракторсен пахалăхĕ водитель-сăнавçăсенчен те нумай килет. Пĕрремĕш сборка цехĕнчи Сергей Егоров, Александр Петров, Николай Иванов хăйсен ĕçне чунтан юратса пурнăçланипе палăрса тăраççĕ.**

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

## ПЛАНРАН ИРТТЕРСЕ

**Çулталăк хушши аренда йĕркипе ĕçлерĕ Шупашкарти «Стройкерамика» завод коллективĕ. Çавăнпа 1989 çул итогĕсем пурне те хытă интереслентерчĕç.**

Планран иртерсе пĕр миллион та 24 пин кирпĕч, 56 пин тăваткал метр плитка, 12 пин кубометр керамзит туса кăларнă. Продукци ярса памалли договор обязательствисене пĕтĕмпех пурнăçланă.

Çĕнĕ условисенчи тĕп кăтарту — предприяти тупăшĕ. 1989 çулта палăртнинчен 640 пин тенкĕлĕх нумайрах тупăш илнĕ. Çапла вара производствăна малалла аталантарма, рабочисен пурнăç условийĕсене лайăхлатма майсем çителĕклĕх.

Кăçал аренда хутшăнăвĕсем малалла аталанаççĕ. Халиччен заводăн кăна аренда договорĕ пулнă. Çывăх вăхăтрах производство цехĕсем, службăсем хăйсен аренда хутшăнăвĕсене йĕркелесе çитереççĕ.

1990 çулхи задача — мĕн пур йышши строительство материалĕсене чылай нумайрах туса кăларасси. Самахран, 79 миллион кирпĕч хатĕрлеме палăртнă. Государство заказĕнчен иртерсе туса кăларнă продукцие завод хăй тĕллĕн, килĕшнĕ хакпа сутать.

В. КИРИЛЛОВ,
план пайĕн инженер-экономисчĕ.

продукцийĕ студентсене укçа-тенкĕ енчен пулăшу пулĕ, институтăн та пысăк тупăш кӳрĕ.

3-мĕшпе 4-мĕш курссем хыççăн тĕрле хуçалăхсене практикăна кайсан, практикантсемпе вырăнти специалистсемпе руководительсем тимлĕ ĕçлемеççĕ. Вĕсене пĕр-пĕр ĕç е должность шанса параççĕ те урăх вĕсем çине çаврăнса та пăхмаççĕ. Хам опытран калатăп çакна.

В. КАЗАНЦЕВ.

Улатăр районĕ,
Кивĕ Эйпеç.

Эс пире те кӳрентертĕн
(Çут хĕвел çитет пурне),
Ман пирки халь çеç систертĕн:
«Ма çуралнă çĕр çине!»
«Çуратса тултарнă!» — терĕн.
Çакă икĕ сăмаха
«Ма пурнатăр! Ма сывпатăр!»
Тенĕ пек ăнланмăпла.
Хăв «анне» тесе чĕмме-ши!
Ӳстерме-им хăв пепке!
[illegible]
Аннене эс ан тиркe!
Эс асра тыт: кӳрентертĕн
Çĕр çинчи пур аннене,
Çĕр-Анне, епле тӳсетĕн
Çак хаяр сăмахсене!

Елена ИЛЕМ.

**РЕДАКЦИРЕН:** поэзие чунтан парăннăран, юратупа хĕмленнĕрен е тата... ĕççĕр аптăранăран та сăвă çыраççĕ çынсем. Кун пеккине вара — чун ыратнăран сăвă çыраканнине курманччĕ. Еленăн пĕрремĕш сăвви пулас ку. Пиçсе çитнĕ сăвă темех çук. Чунĕ кӳтсе çитни кашни йĕркерех курăнса тăнăран, кăштах тӳрлетсе пичетлес терĕмĕр.

## Хисепсĕр географи

Чăваш педагогика институчĕпе университетра республикăри шкулсенче ĕçлеме пур предметсемпе те учительсем çителĕклĕ хатĕрлеççĕ пулсан, география учителĕсене республика тулашĕнчи асла шкулсенче çеç хатĕрлеççĕ. Вĕсене те çителĕклĕ ярса памаççĕ, е чылайăшĕ шкулсенче нумай вăхăт ĕçлемест. Çакăн пек салтăв та пур: ялти сахал комплектлă шкулсенче географи урокĕсем çур ставкалăх кăна, ытти çур ставкине вара тĕрлерен предметсем парса тивĕçтереççĕ. Географи урокĕсене специалистсем иртермен шкулсем республикăра нумай.

Географи — комплекслă, конструктивлă наука. Экологи пĕтĕм этемлĕхĕн хальхи вăхăтри çивĕч ыйтăвĕ пулса тăчĕ. Ку вăл — литосферăна, гидросферăна, атмосферăна тата биосферăна сыхласа хăварасси. Çак сферăсене тĕпчесси физикăлла географин тĕп задачи пулса тăрать. Географин воспитани парас ĕçри вырăнĕ пысăк.

Республикăри шкулсенче географи вĕрентессине лайăхлатас тесен, мĕн тумалла-ха? Чи малтан кадрсен политикине тăтса памалла. Чăваш педагогика институтĕнчи биологипе химифакультетĕнче географи кафедри уçмалла, географипе биологи е географипе химиучителĕсене хатĕрлеме тытăнмалла. Кӳршĕ республикăсемпе облаçсенче çапла тăваççĕ те ентĕ.

Программа хамăр республика географине вĕрентме чылай вăхăт уйăрать. Шкулсенче Э. Я. Дмитриевăпа В. Ф. Кудров çырнă вĕренӳ пособийĕпе усă кураççĕ. Пĕтĕмĕшле илсен, аван пособи. Картографипе иллюстраци материалĕсем çителĕклĕ. Анчах çитменлĕхсем те пур. Физикăлла географи пайне çырса пĕтермен, районсем çине уйăрман, вĕсен уйрăмлăхĕсене тупса палăртман. Экономикăн территориллĕ вырнаçăвне çителĕклĕ ăнлантарса паман.

## Ялта мĕншĕн кичем

Хаçатра хальхи ялсем пушанса юлни çинчен час-часах çыраççĕ. Ку статьясем пирĕн Вăрнар районĕнчи Хурапыр яле çинчен çырнă пекех. 10 класс пĕтерсен, çамрăксем хулана туртăнаççĕ. Анчах ял çамрăксемсĕрех мар. Вĕсен вăйĕпе бригада гектартан 1300 центнер кăшман, 300 центнер çĕрулми туса илчĕ. Ял çамрăкĕсем пултаруллă. Ӳсăл, киревсĕр ĕçсем пулнине ватăсем те астумаççĕ. Уявсенче, канмалли кунсенче хулари çамрăксем те çуралнă яла, тăван киле таврăнаççĕ. Ялти, хулари çамрăксем пĕрле чăмартанса, хăйсен пултарулăхĕпе икĕ хуткупăс, икĕ магнитофон илме тивĕçлĕ пулчĕç. Анчах хуткупăса алла тытса кураймарĕç, магнитофон сассине илтеймерĕç. Вĕсем пурте клуб заведующийĕ Валентина Ракова килĕнче. Юсавлă мар. Юрать-ха, пĕлтĕр Çĕнĕ çула Вячеслав Викторов хăйĕн килти магнитофонне ялсе килчĕ. Музыка çук пирки çамрăксем килĕсене тухса шăвăнчĕç.

Çапла пурăнатпăр ĕнтĕ. Çамрăксен кӳршĕ ялсене те кайса пĕр-пĕринпе хутшăнас килет. Ĕмĕтленни кăлăх пулмĕ-ши? Ял Совечĕн ĕçтавкомĕ клуб заведующийĕ мĕнле мероприятисем ирттернине пĕлет-ши? Халь çĕнетӳ вăхăчĕ. Эпир те улшăну пуласса кĕтетпĕр.

**Ял çамрăкĕсем ячĕпе А. ИВАНОВ ала пуснă.**

*Суйлав умĕн*

## КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕÇÇĔ

**Пĕлтернĕччĕ ĕнтĕ, январĕн 3-мĕшĕнче суйлав кампанийĕ çĕнĕ тапхăра кĕчĕ. Суйлав комиссийĕсем РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсене регистрацилеме тытăнчĕç.**

— Чăваш АССР халăх депутачĕсем пулма 200 округ тăрах 587 çынна кандидата тăратнă, — пĕлтерчĕ Тĕп суйлав комиссийĕн секретарĕ В. Е. Михалукова. — Вĕсенчен 413-шне (70,4 процент) — ĕç коллективĕсем, 145-шне (24,7 процент) обществăлла организацисем, 34-шне (5,8 процент) вырăнсенчи суйлавçăсен пухăвĕсем сĕннĕ. 550 кандидат (93 процент) Чăваш АССРĕн иртнĕ суйлаври Верховнăй Совечĕн депутачĕ шутланмасть. Кандидатсен йышĕнче 105 (17,9 процент) хĕрарăм. КПСС членĕсемпе парти членĕн кандидачĕсем — 472 (80,4 процент), ВЛКСМ членĕсем — 12 (2,0 процент), рабочисем — 79 (13,5 процент), колхозниксем — 59 (10,1 процент), çав шутра колхоз председателĕсемпе специалистсем — 45 (7,7 процент).

Январĕн 3-мĕшĕнче 20-мĕш Комбинат суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидата — Шупашкарти пăр-авăр комбиначĕн генеральнăй директорне Валерий Александрович Капитонова, январĕн 4-мĕшĕнче 43-мĕш Ахазовски суйлав округĕнчи суйлав комиссийĕ тепĕр кандидата — Шупашкарти приборсем тăвакан заводăн медсанчаçĕн тĕп врачне Александр Викторович Лабузова регистрациленĕ. Вĕсене кандидат удостоверенийĕсем панă.

Çавăн пекех 26-мĕш Пионерски суйлав округĕ тăрăх — КПСС Шупашкар хула комитечĕн иккĕмĕш секретарĕ Р. Н. Морозов, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн водителĕ К. К. Константинов, çак пĕрлешĕвĕн медсанчаçĕн хĕрарăмсен консультацийĕн заведующийĕ Г. З. Никифорова, Шупашкарти Тĕп перекет банкĕн управляющийĕ А. С. Кормилицын баллотировкăна тăнă. 151-мĕш Шуршал суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма тăратнă кандидата — А. Г. Николаев космонавт ячĕпе хисепленекен колхоз председательне Н. А. Михайловăна, 31-мĕш Кадыковски суйлав округĕ тăрăх — 5-мĕш стройтрестăн 11-мĕш строительство управленийĕн бригадирне В. М. Михайловăна регистрациленĕ.

Январĕн 5-мĕшĕнче Шупашкар хулинчи 11-мĕш Канаш суйлав округĕ тăрăх Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатсене — Чăваш АССР шалти ĕçсен министрĕн пĕрремĕш заместительне Михаил Федорович Киселева тата «МЖКстройăн» çамрăксен проектпа сăнав строительство управленийĕн каменщикне Юрий Николаевич Кошелева регистрациленĕ.

В. РЫБКИН.

## КИРЛЕХ-И ВĂРНАРТА ХИМИ ЗАВОЧĔ?

Хальхи вăхăтра экологи ыйтăвĕ Çĕр чăмăрĕ çинчи кашни çынна тенĕ пекех шухăшлаттарать, хумхантарать. Паянхи, уйрăмах килес ăрури çынсен сывлăхĕ мĕнле пуласси пĕтĕмпех эпир çутçанталăк тасалăхне упраса хăварма пултарнинчен килет. Акă мĕншĕн Вăрнарта поликарбонат хатĕрлекен химизавочĕ тунине пирĕн республикăри ĕçсыннисем ытларах та ытларах сивлеççĕ. Ку енĕпе вĕсем хăйсен шухăшĕсене пичетре, радиопа телевидени передачисенче палăртаççĕ. Ыйтăва ĕç коллективĕсенче те сӳтсе явăççĕ.

Çак кунсенче Шупашкарта, Пичет çуртĕнче, республикăри экологи центрĕн ларăвĕ пулса иртрĕ. Унта хутшăннисем Вăрнарти химизаводĕнчи строительство ĕçĕсене пĕр тăхтаса тăмасăр чарса лартасси çинчен ыйту пăхса тухрĕç.

СССР халăх депутачĕ, Етĕрне районĕнчи «Ленинская искра» колхоз председателĕ А. Айдак, ларура сăмах каласа, Вăрнарта тума тытăннă çĕнĕ химизавочĕ пирĕн республикăшăн экологи тĕлĕшĕнчен пысăк хăрушлăх кăларса тăратнине палăртрĕ.

— Чăваш республики, кашни тăваткал километр пуçне халăх йышĕ мĕн чухлĕ пулнине шута илсен, — терĕ вăл, — Россия Федерацийĕнче Мускавпа Тула облаçĕсем хыççăн виççĕмĕш ли вырăнта тĕпчев ĕçĕсем кăна пыраççĕ тесе ĕнентерме хăтланни ултавлă. Терессипе государство кунти строительство ĕçĕсем валли халех 6 миллион тенкĕ уйăрать. Апла пулсан, терĕ депутат, Вăрнарта тĕпчев ĕçĕсем кăна иртереççĕ тенине ĕненме йывăр.

Республика тата Вăрнар

### Шухăшлаттаракан, хумхантаракан ыйту

вырăн йышăнать. Çитменнине пирĕн республикăра минераллă удобренисемпе тата химиимçамĕсемпе ăнлан усă кураççĕ. Çакна тата республикăра химипродукчĕсем туса кăларакан тăвата промышленность предприятийĕ, çав шутра Шупашкарти химикомбиначĕ ĕçленине шута илсен, поликарбонат туса кăларакан химизавочĕ лартни тавралăхшăн, çынсен сывлăхĕшĕн сиенлĕ пулни уççăнах курăнать.

Çӳлерех тăракан органсенче ĕçлекенсем хальхи вăхăтра химизавочĕ пулмалли районруководителĕсем поликарбонат заводне туни Вăрнар поселокĕн тата районĕн социаллă аталанăвне хăвăртлатма пулăшать, теме пăхаççĕ. А. Айдак çак задачăна урăхла майпа, Шупашкарти химикомбинатĕнчи конверси шучĕпе пурнăçлама май пулнине палăртрĕ. Кунта ĕçсыннисене кирлĕ продукци — лаксемпе тĕрлĕрен сăрăсем ытларах туса кăларма тытăнни социаллă аталану валли укçа-тенкĕ çителĕклех уйăрма май панă пулĕччĕ.

— Химизавочĕ çутçанталăка, çынсен сывлăхне хăрушлăх кӳни куç умĕнчех, — терĕ Вăрнар район центрĕн больницинчи В. Кожанов врач-хирург. — Çакна Вăрнарти химизаводĕнче нумай пулмасть пулса иртнĕ авари те лайăх кăтартса пачĕ.

В. Кожанов пĕлтернĕ тăрăх, Вăрнар районĕнче çынсем чирлесси тата вилесси ӳссе пырать. Онкологи чирĕсемпе чирлекенен йышĕ кунта юлашки çулсенче 5 хут ӳснĕ.

Ларура çутçанталăка сыхлакансен обществин представителĕсем Г. Тимофеев, В. Игнатьев, республикăри сад ĕрчетекенсен обществин правленийĕн председателĕн заместителĕ К. Арланов, А. Емельянов писатель тата экологи енĕпе ответлă ытти çынсем тухса калаçрĕç. Вĕсем Вăрнарти химизаводĕнчи строительство ĕçĕсене чарса лартассишĕн пыракан кĕрешĕве ĕç коллективĕсене, çамрăксене, уйрăмах аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренекенсене, депутатсене анлăн хутшăнтарма кирлине палăртрĕç. Республикăри общественноçа хумхантаракан ыйтăва район, ял тата поселок Совечĕсен ларăвĕсенче, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн сессийĕнче пăхса тухма сĕнчĕç.

И. ЯКОВЛЕВ.

*Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕ*

### В. Б. ЯМПОЛЬСКИЕ ЧĂВАШ АССР ГОСУДАРСТВО ХĂРУШСĂРЛĂХ КОМИТЕЧĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ **çапла йышăнать:**

Валерий Борисович Ямпольский юлташа Чăваш АССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн председателĕ пулма уйăрса лартас.

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. ЛЕОНТЬЕВ.**

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Секретарĕ И. СТЕКОЛЬЩИКОВА.**

Шупашкар хули, 1990 çулхи январĕн 4-мĕшĕ.

• • •

Валерий Борисович Ямпольский 1939 çулта çуралнă. Вырăс, 1962 çултанпа КПСС членĕ. Аслă пĕлӳ илнĕ — 1965 çулта Пĕтĕм Союзри заочнăй политехника институтĕнчен вĕренсе тухнă.

В. Б. Ямпольский 1957 çулта Саратоври Ленин ячĕпе хисепленекен заводра грузчикра ĕçлеме тытăннă. Унтан вĕреннĕ, С. М. Киров ячĕпе хисепленекен заводра термически крекинг установкисен операторĕн помощникĕ, оператор пулнă. 1963 çултан пуçласа 1965 çулччен хи тапхăрта — Атăл тăрăхĕнчи совнархозăн ЦБТИ химитата нефть промышленноçĕн аслă инженерĕ.

1965 çултан пуçласа СССР Государство хăрушсăрлăх комитечĕн вырăнти органĕсенче тĕрлĕрен должноçсенче, 1984 çултанпа — СССР Государство хăрушсăрлăх комитетĕнче ĕçленĕ.

*Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Указĕ*

### Р. Я. НЕЗЕЕВ ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР ĔÇЛЕВ ТАТА СОЦИАЛЛĂ ЫЙТУСЕМПЕ ĔÇЛЕКЕН ГОСУДАРСТВО КОМИТЕЧĔН ПРЕДСЕДАТЕЛĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ **çапла йышăнать:**

Рамиль Ямалтдинович Незеев юлташа Чăваш АССР Ĕçлев тата социаллă ыйтусемпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕ пулма уйăрса лартас.

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ А. ЛЕОНТЬЕВ.**

**Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Секретарĕ И. СТЕКОЛЬЩИКОВА.**

Шупашкар хули, 1990 çулхи январĕн 4-мĕшĕ.

• • •

Рамиль Ямалтдинович Незеев 1937 çулта çуралнă, тутар, 1962 çултанпа КПСС членĕ, аслă пĕлӳ илнĕ — Хусанти ялхуçалăх институтĕнчен, Мускаври энергетика институтĕнчен, КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи Обществăлла наукăсен академийĕнчен вĕренсе тухнă.

1960 çултан пуçласа 1962 çулччен — ВЛКСМ Патăрьел райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ, ВЛКСМ Чăваш обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ.

1962—1972 çулсенче республикăн «Сельхозтехника» пĕрлешĕвĕнче тата «Птицепром» трестра инженер пулса ĕçленĕ.

1972 çултан пуçласа 1986 çулччен — КПСС Чăваш обкомĕн ялхуçалăхĕпе апатçимĕç пайĕн инструкторĕ, пай заведующийĕн заместителĕ.

1986—1988 çулсенче Чăваш АССР Халăх контроль комитечĕн председателĕн заместителĕнче ĕçленĕ.

1988 çултанпа — КПСС Чăваш обкомĕн аграрлă пайĕн заведующийĕ.

## Атăлпа Урал хушшинчи автономиллě республикăсенче

### Музей-хула туса хунă

Нумаях пулмасть хăйĕн 200 çулне паллă тунă авалхи Елабуга Кама юханшывě çинчи пěрремěш музей-хула пулса тăрě. РСФСР Министрсен Совечěн решенийěпе кунта Государство историпе архитектура тата художество музей-заповедникне йěркелеççě.

Ĕççем нумай. 1995 çулччен 19 миллион тенкěлěх реконструкципе реставраци ěçěсем пурнăçламалла, 2005 çулччен вара тата тепěр 23 миллион тенкěпе усă курмалла. Заповедника авалхи Елабуга территорийě кěрет. Унăн центрěнче — Иван Шишкинăн музей-çуртě, кунтах Марина Цветаева пурăннă çурт, çавăн пекех Раççейри пěрремěш хěрарăм-офицерăн Надежда Дурован музей-çуртě пур.

Елабугăра архитектура палăкěсем нумай. Кунта халě Спас соборне реконструкцилеме тытăннă. Юнашарах Суту-илÿ речěсем, Покров тата Николай чиркěвěсем, хěрарăмсен мăнастирěн çуртěсен комплексě, ытти паллă сооруженисем. Чи авалти палăк — Шуйттан хули. Ăна X—XIII ěмěрсенче туса лартнă.

Çăмăл автомобильсем туса кăларакан завод строителěсем çак паллă вырăнсене упрама сăмах панă.

«Советская Татария».

### Пулăшса пыраççě

Мари автономи республикин общественноçě «Марий эл» («Мари тăрăхě») государство ташă ансамблěн 50 çулхи юбилейне паллă тунă ятпа иртнě уява артистсем профессиллě творчество коллективěсене те, хăй тěллěн вěренинě искусство ăстисене те чěннě. Вěсем хушшинче — Морки районěнчи фольклор ушкăнě. Ку ушкăна ташă ансамблěпе нумай çула пыракан туслăх пěрлештерсе тăрать. Морки районěнче пурăнакансем халăхăн юрăпа ташă йăли-йěркине тирпейлěн упраççě. Вěсен репертуарěнчен «Марий эл» ташă ансамблě те нумай илет. Тепěр енчен вара çак вěрмаллă тăрăхри паллă ансамбль хăй тěллěн вěренинě артистсене шефа илнě, районти Культура çуртěнчи музыка ушкăнне аталанма пулăшнă. Халě икě коллектив артисчěсене пěр сцена çинче час-часах пěрле курма пулать.

«Марийская правда».

Тусăк...



Шупашкарти пир-авăр комбиначěн отделка фабрикинчи пир тěртекенсем Мария Ивановăпа Елена Васильева çулталăкăн малтанхи кунěсенчех хастар ěçлеççě, планран ирттерсе гобелен тěртеççě. Нумаях пулмасть фабрикăри коммунистсем вěсене КПСС членěн кандидатне илнě.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчěкě.

# ТЕХНИКА ВĂЙĚПЕ

## Юсавпа техника предприятийě хуçалăхсене мěнле майпа ытларах пулăшма пултарать?

Ку чухнехи кăткăс тата хăватлă техникăпа ялхуçалăх производствинче анлăрах усă кураççě. Халě кашни хуçалăхрах вуншар рационализатор пур. Вěсем тěрлě машинăсен деталěсене ăсталаççě, сěнетсе улăштараççě. Акă, тěслěхрен, тырă акмалли сеялкăсене удобренисем сапма майлаштараççě. Кăкарса ěçлемелли ытти хатěрсен узелěсене те çěнěлěхсем сахал мар кěртеççě. Çакă çěрěçěнче çěнě технологие алла илме пулăшать.

Ку тěлěшпе Сěнтěрвăрри районěнчи хуçалăхсенче те ырă тěслěхсем пур. А. Николаев космонавт ячěпе хисепленекен колхозах илер. Пěрчěллě тырăсене интенсивлă технологипе ,çěрулмине индустри технологийěпе туса илесси кунта сирěп йěркепе пулса пырать. Пěлтěр, пуринчен те паллă, тěштырăсем шапах ярăнса ÿсмелли вăхăтра шăрăх санталăк тăчě. Ыраш пěрчисем пěрěнсе ларчěç, çурхи тырăсем çитěнеймерěç. Çапах та колхоз кашни гектартан 18 центнер ытла тěштырă пухса кěртрě. Вăрлăха удобренисемпе пěрле акни, калчасене шěвек удобренисемпе апатлантарни, ретсем хушшине вăхăтра кăпкалатни пулăшрě. Çак ěçсене пěчěк вăйлă тракторсемпе сем йышлă усраççě. Ене выльăха тата сыснасене пысăк уппкăнпа самăртаççě. Сěт сăвакан тата апат хатěрлекен агрегатсем вырнаçтарса лартасси кун йěркин пěрремěш ыйтăвě пулса тăчě. Çакна шута илсе, районти юсавпа техника предприятийěнче фермăсенче йывăр ěçсене комплекслă механизацилеме уйрăм участок йěркелерěмěр. Кашни çулах вăл 240—250 пин тенкěлěх ěç тăвать.

Участокра 23 сын. Виççěшер сынран тăракан 5 бригада йěркеленě. Детальсемпе запас пайсем хатěрлемешкěн уйрăм участок уçма тиврě. Тÿрех каламалла, В. Марков токарь хăйěн ěçне тÿрě кăмăлпа туса пырать. Кирлě висепе касса хатěрленě пăрăхсем, тěрлě йышши болтсемпе гайкăсем тата ытти деталсем вăхăтра çителěклě. Бригадăсене йěркеленě чухне механизаторсен хутăш професси пуррине шута илтěмěр. Çакăн пěлтерěшě пысăк. Калăпăр шофер электрогазосварщикпа слесарь ěçěсене тума пултарать. Хутăш професси пулни тухăçлă ěçлеме, вăхăтпа туллин усă курма май парать.

Юлашки вăхăтра Г. Калабашкин ертсе пыракан бригада...

## ХАК УЛШĂНАТЬ

1990 çулхи январěн 8-мěшěнчен пуçласа хăшпěр йышши çěрмамăк, çăм, пурçăн, йěтěн пир-авăрăн тата çав пир-авăртан туса кăларнă изделисен, кавирсемпе кавир изделийěсен, искусственнăй, мамăк тирěн, гардинăсемпе тюль материалсен, чěнтěрленě материалсен, чěнтěрсен, спорт таварěсен, клеенкăн, уйрăм йышши сехетсен, хăшпěр электротаварсен, фарфорпа фаянс тата майолик изделисен, металл савăт-сапан, сěтел-пуканăн ваккăн сутмалли вăхăтлăх хакěсене пăрахăçласа вěсен ваккăн сутмалли яланхи хакěсене вăя кěртеççě. Çак таварсем вăтамран 10—15 процент йÿнелеççě. Ытти таварсен шутěнче Шупашкарти пир-авăр комбиначě туса кăларакан лайăхлатнă пахалăхлă пир-авăрăн 12 тěрлě гобеленăн, сěтел- пукана витмелли 6 тěрлě пир-авăрăн, 53 тěрлě ситсăн тата ытти пир-авăрăн вăхăтлăх хакěсем йÿнелеççě.

Н. ЯКОВЛЕВ,
Чăваш АССР Хаксен государство комитечěн председателě.

*Политикăпа экономика вěренěвě*

# ТАЧĂ ÇЫХĂНТАРСА

Пропагандист пулса 1973 çултанпа ěçлетěп. Вěрентÿ ěçěнче çулсерен çěнě формăсемпе усă курма тăрăшатăп. Иртнě çулсенче курссен темине парти райкомěпе республикăри çыхăну управленийěнчен ярса паратчěç. Пытармастăп, занятисене производствăпа тачă çыхăнтарайман. Халě вара ку енěпе лару-тăру тěпрен улшăнчě.

Кашни пропагандист хăйěн специальноçне тата ěç вырăнне сывăх тăракан курс суйласа илнě. Сăмахран, станци цехěн начальникě Н. Б. Семенов «Ĕç коллективěнчи лару-тăру тата производство хутшăнăвěсем» курса вěрентет. Вăл ертсе пыракан коллектив пěчěк мар. Анăçу вăл пěр шухăш-ěмěтлě тата туслă пулнинчен нумай килет. Коллективра кашни рабочипе уйрăммăн ěçлессě. Хирěçÿллě ыйтусене сийěнчех татса пăраççě. Николай Борисович ěç йěркине, технологи дисциплинине тěреклетессипе, туслăха çирěплетессипе сыхăннă ыйтусене сÿтсе явма сěнет. Чăннипех те, çивěч калаçу пулса иртет занятисенче. Ĕç калăпăшне палăртас тěлěшпе ěçлекен М. А. Кудрина инженер курсěсем пирки те çакнах калаюмалла.

Хуçалăх меслечěпе ěçлес тесен, чи малтанах вăл мěн иккенне лайăх пěлмелле. Экономика вěренěвне çакна шута илсе йěркелетпěр. Паллă ěнтě, хуçалăх меслечěпе ěçленě условисенче чěртаварпа, энергипе перекетлě усă курмалла. Пирěн предприятире çакăнсăр пěр утăм та тăвайман. Уйрăмах халě, телефон кабелě çитмен чухне.

Предприяти кăçалхи тăхăр уйăхра 6.837 телефон аппарачě, çав шутра 6.390-шне хваттерсенче, 84 таксафон вырнаçтарнă, плана ирттерсе тултарнă. Тупăш илесси ÿссе пырать. Анăçăва чи малтанах хуçалăх меслечě сине куçнипе ăнлантаратпăр. Кунта пропагандистсен тÿпи те пур.

Коллектива килекен çамрăк рабочисем производствăри çěнě меслетсем пирки пěлсех каймаççě, паллах. Çакна шута илмесěр хăвармастпăр. Кашнин ěç пултарулăхне палăртатпăр. Ĕслевпе, ěç укси фондне, укçа-тенкě тěлěшěнчен хавхалантармалли фонда тăвассипе тата вěсемпе усă курассипе сыхăннă ыйтусемпе паллаштаратпăр. Предприятире нумай çул ěçлекенсем вěсене лайăх пěлеççě, кашни темăна хускатсанах, хăйсен шухăшне палăртаççě. С. Кузнецовăпа Г. Фомин монтерсем, В Николаевăпа В. Кичатов кабельщиксем занятисенче уйрăмах активлă.

Çавăн пекех «Хуçалăх меслечěпе ěçленě условисенче учет тата пěтěмлетÿсем тăвасси» курс та пысăк усă парать. Итлекенсене ěç хатěрěсене шута илесси синчен каласа паратăп. Строительство материалěсене шута илме, тăкакпа тупăша, мěн чухлě ěç тунине палăртма кашни бригадирах пěлет. Учет ěçне бригадăсенче мěнле туса пынине кашни кварталта тěрěслетпěр. Çитменлěхсене пěтерме пулăшатпăр.

Занятисем политика, производствăпа экономика вěренěвěн кабинетěнче тата подразделенисенчи хěрлě кěтессенче пулаççě. Предприятире вěрентÿ ěçне политика, производствăпа экономика вěренěвěн совечě ертсе пырать. Унăн председателě — станци начальникě А. Г. Венза. Занятисем кашни уйăхра иккě пулаççě. Совет кварталта пěрре пухăнать. Унăн ларăвěсенче вěрентÿ ěçěпе çыхăннă çивěч ыйтусене пăхса тухатпăр. Ситменлěхсене пěтерме тивěçлě мерăсем йышăнатпăр.

Кабинета пуянлатсах пыратпăр. Стендсемпе, схемăсемпе, ытти вěрентÿ хатěрěсемпе усă куратпăр. Нумаях пулмасть «Ĕç укси фончěпе укçа-тенкě тěлěшěнчен хавхалантармалли фонд тăвасси», «Хуçалăх меслечěн пěрремěш моделě» çěнě схемăсем хатěрлесе сакрăмăр.

Çакна палăртмалла: ăмăртура кайра пыракан коллективсенче занятисем хěрÿллěрех иртессě. Мěншěн тетěр? Вěсенче çивěч ыйтусем нумайрах.

Çак кунсенче В. А. Ласковечков ертсе пыракан АТС-ра пултăм. Коллектив ăнăçлă ěçлет Кун пек чухне итлекенсем умěнче калаçма та кăмăллă.

Вěрентÿ ěçěнчи халхи форма хăйěн лайăх енěсене кăтартсан, ситес çул та унпа усă курасшăн.

Н. ШАРАПОВА.
Шупашкарти телефон станцийěнчи пропагандист.

*Суд архивěнчи ěçе уçсан...*

# БРИГАДИРА МОТОЦИКЛ КИРЛĚ-И?

**Çěнатÿ пирěн пурнăç йěркине нумай улăштарчě. Кивелсе çитнě, ěçре чăрмантаракан инструкцисене чылайăшне пăрахăçланă ěнтě, çынсене пултарулăхпа пуçарулăха кăтартма, чăн-чăн хуçа пулма май туса параççě.**

**Унччен — администрацие команда системи пуçпулса тăнă çулсенче — мěнле пулнă-ха! Çÿлерех органсенчен мěн хушасса кěтсе ларма тивнě, хăйсем тěллěн шутласа решени йышăнакансене çул паман. Хуçалăхпа финанс ěçěнче вара, инструкцирен кăшт пăрăнсан та, преступлени шутланнă, хăшпěр ыйтăва урăхла татса пама çуккипе ирěксěрех çаплла тума тивнине йышăнман. Çакнашкал лару-тăрăва пула хуçалăх руководителěсем, ěçе пултарсан та, хăйсен ăсталăхне туллин кăтартайман. Çÿлтен калаçа пынинчен урăхларах тунăшăн хытă хěснě май, нумайăшě пуçару кăтартма тăрăшман та. Хуçалăх ěçěнчи пуçарулăхшăн выговортан пуçласа судпа айăпласа хупса лартасси таранах тÿсме тивнě. Ку мěн тери сиен кÿни çинчен халě пичетре нумай çыраççě.**

**Çавăн пек тěслěхсенчен тěри вăл — Патăрьел районěнчи «Гвардеец» колхозра темиçе çул каялла пулса иртнě ěç. Унсиччен редакцие колхоз председателěнчен чылай çул хушши ěçленě Г. Ф. Мулюков çырса ячě. Колхоз укçи-тенкине перекетлеме тăрăшса, хăйсен пуçарăвěпе ырă ěç тунăшăн иккек тÿсме тивнине каласа кăтартса, вăл Патăрьел районěнчи халăх сучě хăйне айăпласа пуçарнă ěçпе паллашма ыйтрě.**

Суд архивěнчен илсе, пěрле вулар-ха ăна. Хăйсем пирки приговор йышăннă хыççăн Г. Ф. Мулюков...

тăракан мотоцикл илсе парсан, вěсене ěçре усă курма кирлě транспорт валли пурă те 12 ...

моченнăйсен пухăвěнче йышăннă. Колхоз уставěн 45-мěшпе 49-мěш пункчěсенче кăтартнă пек, вěсем управлени органě пулса тăраççě, çав вăхăтрах уполномоченнăйсен пухăвě — колхозăн чи аслă органě. Эпě правлени членěсен ирěкне пурнăçланă çеç. Эпě те, правлени членěсем те çăмăл автомашинăсем вырăнне мотоциклсем туянни колхоза 4623 тенкě укçа перекетлесе хăварма май парать тесе шутланă. Анчах право йěркине сыхлакан органсем колхоз Уставě хуçалăхшăн закон пулса тăнине шута хумаççě, руководительсене хуçалăха аталантарас тěлěшпе пуçарулăх кăтартма памаççě. Инструкцие пурнăçлатпăр тесе, хуçалăха ытлашши укçа тăкаклаттараççě. Перекетлесе хăварнă укçа ялхуçалăхне аталантарма каймасть-и вара?

Халě-эпě пенсире. Манăн совесть таса. Колхоз пурлăхне ...

тěрěсем туянмалли йěркене çав çулсенче ытти хуçалăхсен руководителěсем те ирěксěрех пăсма тивнě. Сăмахран, районти Жданов ячěпе хисепленекен колхоз правленийě тăватă çынна — ветеринари врачěпе зоотехника, пěр бригадира тата ферма заведующине мотоцикл илсе панă. Ваккăн сутмалли хакпа, райпо урлă. Патăрьел районěнчи халăх сучě «Мулюков ěçне» 1985 çулхи мартра — çěнетÿ тапхăрě пуçланиччен кăшт маларах пăхса тухнă. КПСС Центральнăй Комитечěпе СССР Министрсен Совечě 1965 çулхи ноябрěн 5-мěшěнче «Автомобильсен, ялхуçалăхěнче усă куракан тракторсен, ялхуçалăх машинисен тата автомобильсемпе тракторсене, ялхуçалăх машинисене кирлě запас пайсен оптовăй хакěсем», çавăн пекех 1978 çулхи июлěн 20-мěшěнче «Ялхуçалăхне аталантарма уйăрнă хатěрсемпе ...

лăх туса парса, экономикăна аталантарма шутланă.

Тимлěн вулатăн та, постановленире колхозсемпе совхозсем мотоциклсене те оптовăй хакпа кăна туянма тивěçли синчен пěр сăмах та çук. Çăмăл автомашинăсене ваккăн сутмалли хакěпе (хаклăраха) сутма юраманни пирки вара уйрăммăн кăтартнă. Постановленире мотоциклсем пирки пачах ыйту тăмасть пулсан, председательпе главнăй бухгалтера çăмăл автомашина вырăнне мотоцикл туяннăшăн айăплани тěрěс-ши? Кирек хăш официаллă документра та унта кăтартнă йěркепе пирки тěрлěрен шутламалли пулмалла мар пек. Вăл закон вырăнěвче-ске. Мěнле çырса хунă кăтартнă — çапла тумалла, кашнийě хăй пěлнě-ăнланнă пек усă курмалла мар вăл е ку документпа. Енчен те ытти транспорт хатěрěсене те колхозсене оптовăй хакпа сес сутма хушнă пулсан, постановленире мотоциклсем туянас йěрке пирки те çăмăл автомашинăсем синчен каланă пекех уйрăммăн кăтартнă пулěччě.

Тепěр постановленине те — 1978 çулта йышăннине — пăснă тесе айăплани те иккěлентерет. Пачах тěлсěр-йěрсěр сыпăçтарнă пек туйăнать ун çумне «Мулюков ěçне». Мěнле тěллевпе йышăннă-ха ку постановление — малтан çав-

...тӗрать. Морки районӗнче пурӑнакансем халӑхӑн юрӑ-пата ташӑ йӑли-йӗркине тирпейлӗн упраҫҫӗ. Вӗсен репертуарӗнчен «Марий эл» ташӑ ансамблӗ те нумай илет. Тепӗр енчен вара ҫак вӑрманлӑ тӗрӑхри паллӑ ансамбль хӑй тӗллӗн вӗреннӗ артистсене шефа илнӗ, районти Культура ҫуртӗнчи музыка ушкӑнне аталанма пулӑшнӑ. Халӗ икӗ коллектив артисчӗсене пӗр сцена ҫинче час-часах пӗрле курма пулать.

«Марийская правда».

## Туслӑх уявӗсем

Мордовире тӗрлӗрен культура уявӗсене час-часах ирттереҫҫӗ. Унта тӗрлӗ халӑх ҫыннисем хутшӑнаҫҫӗ. Иртнӗ кӗркунне Лямбирь ялӗнче пулса иртнӗ уява вара халӗ те пурте ырӑпа асӑнаҫҫӗ. Кунта ытларах тутарсем пурӑнаҫҫӗ, ҫавӑнпа та уява ҫак халӑх йӑли-йӗркисене тӗпе хурса йӗркелеме шут тытнӑ. Анчах вӑл татах та илемлӗрех пулса тухнӑ, мӗншӗн тесен унта Лямбирь районӗнче пурӑнакан ытти халӑх ҫыннисем те кӑмӑлпа хутшӑннӑ. Туслӑх уявне Муса Джалиль поэт ячӗпе хисепленекен урамра ирттернӗ. Кунта вуншар ҫул ӗнтӗ тутарсемпе мордвасем, вырӑссемпе украинецсем, узбексем килӗштерсе пурӑнаҫҫӗ. Поэт сӑввисене те вӗсем кашни хӑйӗн чӗлхипе вуласа панӑ.

Юлашки вӑхӑтра ҫакӑн пек халӑх уявӗсемпе ученӑй-этнографсем тата культура работникӗсем уйрӑмах интересленеҫҫӗ. Вӗсем ырӑ йӑлана малалла та аталантарас тӗллевпе нумай нациллӗ культура еткерне тӗпчеҫҫӗ, пропагандӑлаҫҫӗ.

«Советская Мордовия».

## Сӑмавар пуххи

Удмурт республикинчи А. Новиков учитель хӑйӗн ӗмӗрӗнче питӗ интереслӗ коллекци пухнӑ. Унӑн пӗтӗм пуянлӑхӗ — 40 сӑмавар. Кунта ҫавракисем те, тӑсӑклисем те, ҫарӑк евӗрлисем те, ҫавӑн пекех 300 грамм ҫеҫ чей вӗретмеллинчен пуҫласа 20 литрли таран та пур. Чӗрӗк ӗмӗр каялла вӑл пӗрремӗш хут килне сӑмавар илсе килнӗ. Ӑна 1908 ҫулта Санкт-Петербургра туса хатӗрленӗ пулнӑ. Каярах вара Алнаш районӗнчи пӗр ялта глобус-сӑмавар тупнӑ, унтан гильза-сӑмавар тупса килнӗ. Майӗпен ҫак ӗҫпе интересленсех кайнӑ, сӑмаварсен пуххи пуянлансах пынӑ. Ун патне халӗ ҫак коллекципе паллашма ҫӗршер ҫын килет. Кашнинех вырӑс ӑстисен ӗҫӗпе киленет.

«Удмуртская правда».

...технологипе ҫерулмине индустри технологийӗпе туса илесси кунта сирӗп йӗркепе пулса пырать. Пӗлтӗр, пуринчен те паллӑ, тӗштырӑсем шапах ярӑнса ӳсмелли вӑхӑтра шӑрӑх сантӑлӑк тӑчӗ. Ыраш пӗрчисем пӗрӗнсе лапчӗҫ, сурхи тырӑсем ҫитӗнеймерӗҫ. Ҫапах та колхоз кашни гектартан 18 центнер ытла тӗштырӑ пухса кӗртрӗ. Вӑрлӑха удобренисемпе пӗрле акни, калчасене шӗвек удобренисемпе апатлантарни, ретсем хушшине вӑхӑтра кӑпкалатни пулӑшрӗ. Ҫак ӗҫсене пӗчӗк вайлӑ тракторсемпе хӑйсен мастерскойӗнче сӗнетсе майлаштарнӑ машинӑсемпе анлӑн усӑ курса тунӑ. «Октябрьский» совхозра кӗрхи тулла иккӗмӗш ҫул ӗнтӗ хӗреслӗ тата интенсивлӑ технологипе акса тӑваҫҫӗ. Ҫакӑншӑн механизаторсем пачах ӳкӗнмеҫҫӗ — кашни гектартан 30 центнер ытла кӗрхи тулӑ пухса кӗртнӗ.

Районти хуҫалӑхсенче хӑмла лартса тӑвасси ҫултан-ҫул ӳссе пырать. Ку енӗпе «Эльбарусовский», «Звезда» тата «Восток» совхозсем уйрӑмах ырӑ тӗслӗх кӑтартаҫҫӗ. Хӑмла пуҫса ҫитӗнтерме ӗҫ вӑйӗ нумай кирлӗ. Ҫакна асра тытаҫҫӗ механизаторсем.

Уй-хир пуян пулсан выльӑх-чӗрлӗх те тутӑ. Анчах алӑ айӗнчи апатпа та туллин усӑ курма пӗлмелле. Улӑма, выльӑх кӑшманне, калӑпӑр, ура айне пӑрахса паниччен усси сук. Ҫак апатсенех лайӑх вӗтетсе, тутлӑлантарса пама пулать. Ку енӗпе те ырӑ тӗслӗхсем сахал мар. «Эльбарусовский» совхозра акӑ, выльӑх апачӗ хатӗрленӗ сӗрте тӗрлӗ агрегатсемпе усӑ кураҫҫӗ. Выльӑх кӑшманне суса тасатнӑ хыҫҫӑн ҫеҫ вӗтетеҫҫӗ. Унпа хутӑш апат хатӗрленӗ сӗрте усӑ кураҫҫӗ. Улӑма вӗтетсе тата пӑспа семҫетсе параҫҫӗ. Лайӑх хатӗрленӗ тата тутлӑлантарнӑ апатӑн усси пурах: совхоз ӗҫлехи сивӗ кунсенче те ӗнесенчен 14—15-шер килограмран кая мар сӗт суса илет. Кӑсал кашни ӗнерен сӗт суса илесси пӗлтӗрхинчен 400 килограмм ӳсӗ.

Совхозсенче сӑвакан ӗнемалла туса пырать. Кӳлевисепе касса хатӗрленӗ пӑрахсем, тӗрлӗ йышши болтсемпе гайкӑсем тата ытти детальсем ялавах ситлекклӗ. Бригадӑсене йӗркелени чухне механизаторсен хутӑш професси пуррине шута илтемӗр. Сакӑн пӗлтерӗшӗ пысӑк. Калӑпӑр шофер электрогазосварщикпа слесарь ӗҫӗсене тума пултарать. Хутӑш професси пулни тухӑҫлӑ ӗҫлеме, вӑхӑтпа туллин усӑ курма май парать.

Юлашки вӑхӑтра Г. Калабашкин ертсе пыракан бригада палӑрма пуҫларӗ. Ку бригадӑри Ю. Горшков шоферпа Р. Семенов чи кӑткӑс ӗҫсене те пысӑк пахалӑхпа тӑваҫҫӗ. Вӗсем «Звезда» совхозри ӗне комплексӗнче монтаж ӗҫӗсене турӗҫ: шыв пӑрахӗсем, сӗт сумалли агрегатсем, апат хатӗрлемелли машинӑсем вырнаҫтарчӗҫ. Хуҫалӑх директорӗ С. Григорьев хӑй те ӑста инженер. Монтажниксен ӗҫне тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑрать.

Пытармалли сук: халӗ тӗрлӗ виселлӗ пӑрӑхсем тупма ансатах мар. Ҫиччӗ виҫҫе пӗрре кас тенӗ пек, пӑрӑхсен кашни татӑкне шута хума тивет. Перекетленӗ запас пайсемпе уйрӑмах планпа палӑртса хуман монтаж ӗҫӗсене тунӑ чухне анлӑн усӑ куратпӑр.

Анчах хуҫалӑхсенче пӑшӑрхантаракан тӗслӗхсем те сук мар. Хӑшпӗр комплекссенче хаклӑ механизмсемпе машинӑсене упрама тӑрӑшмаҫҫӗ. Уйрӑмах холодильниксене час-часах юрӑхсӑра кӑлараҫҫӗ. Вӗсене юсама запас пайсем тупма питӗ хӗн. Холодильниксем ӗҫлемени пысӑк тӑкаксемпе сухатусем патне илсе пырать. Промышленность фермӑсенчи йывӑр ӗҫсене механизацилеме кашни сулах сӗнӗ оборудовани парса тӑрать. Часах акӑ кормоцехсенче сӗнӗ йышши хуранӗсем лартма тытӑнатпӑр. Вӗсене хӑвӑрт тырнаҫтарса лартасси — пирӗн тивӗҫ.

**Г. ГОРШКОВ,**
**Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи юсавпа техника предприятийӗнчи монтаж участокӗн начальникӗ.**

**«Коммунизм ялавӗ» ответлеҫҫӗ**

## «Васкавлӑ пулӑшу кирлӗ»

1989 ҫулхи октябрӗн 13-мӗшӗнче хаҫатра ҫак ятпа пичетленнӗ статьяра республика тулашӗнчи чӑваш шкулӗсене тӑван чӗлхепе литература вӗрентес ӗҫре пулӑшма кирли ҫинчен каланӑ.

Чӑваш АССР Халӑха вӗрентес ӗҫ министерстви республика тулашӗнчи чӑваш шкулӗсене май килнӗ таран пулӑшу пама хатӗр. Чӑваш чӗлхи учителӗсем кирлӗ пулсан, 1990 ҫулхи январӗн 20-мӗшӗччен РСФСР тата Чӑваш АССР Халӑха вӗрентес ӗҫ министерствисене заявка тӑратмалла. Заявкӑра учитель мӗнле шкул валли кирлине, мӗнле ставка пулассине, пурӑнмалли условисене кӑтартмалла.

Чӑваш АССР Халӑха вӗрентес ӗҫ министерстви чӑваш шкулӗсене кӗнекесемпе те пулӑшма пултарать. Халиччен министерство чӑваш чӗлхипе литература учебникӗсене Тутар, Пушкӑрт республикисене, Ульяновск, Куйбышев облаҫӗсене ярса панӑ, кӑҫалтан пуҫласа Кемерово, Пенза, Саратов, Хакас облаҫӗсене те ӑсатма тытӑннӑ.

**А. НИКИТИН,**
**Чӑваш АССР Халӑха вӗрентес ӗҫ министрӗн заместителӗ.**

**...тартайман. Ҫӳлтен каласа пынинчен урӑхларах тунӑшӑн хытӑ хӗснӗ май, нумайӑшӗ пуҫару кӑтартма тӑрӑшман та. Хуҫалӑх ӗҫӗнчи пуҫарулӑхшӑн выговортан пуҫласа судпа айӑплаласа хупса лартасси таранах тӳсме тивнӗ. Ку мӗн тери сиен кӳни ҫинчен халӗ пичетре нумай ҫыраҫҫӗ.**

**Ҫавӑн пек тӗслӗхсенчен вӗри вӑл — Патӑрьел районӗнчи «Гвардеец» колхозра темиҫе ҫул каялла пулса иртнӗ ӗҫ. Ун ҫинчен редакцие колхоз председателӗнче чылай ҫул хушши ӗҫленӗ Г. Ф. Мулюков ҫырса ячӗ. Колхоз укҫи-тенкине перекетлеме тӑрӑшса, хӑйсен пуҫарӑвӗпе ырӑ ӗҫ тунӑшӑн инкек тӳсме тивнине каласа кӑтартса, вӑл Патӑрьел районӗнчи халӑх сучӗ хӑйне айӑпласа пуҫарнӑ ӗҫпе паллашма ыйтрӗ.**

Суд архивӗнчен илсе, пӗрле вулар-ха ӑна. Хӑйсем пирки приговор йышӑннӑ хыҫҫӑн Г. Ф. Мулюков, ӗҫе сӗвӗрен пӑхса тухма ыйтса, тӗрлӗ органсене ҫырнӑ хутсенчен пӗринпе паллашар малтан.

«Манӑн пурнӑҫ историйӗ ансат та, драмӑллӑ та. Колхозра чӗрӗк ӗмӗр ӗҫленӗ тата утмӑла кайнӑ хыҫҫӑн — 1985 ҫулта — районти халӑх сучӗ манран — колхоз председателӗнчен — 1.000, хуҫалӑхӑн главнӑй бухгалтерӗнчен 596 тенкӗ укҫа тата 95 тенкӗ те 70 пус госпошлина шыраса илме йышӑнчӗ. Ялхуҫалӑхне аталантарма кирлӗ укҫа-тенке ялхуҫалӑх производствипе ҫыхӑнман ҫӗре пӗлсе тӑрсах ярса, эпир колхоза сиен кӳнӗ тесе айӑпларӗҫ», — каласа парать Мулюков.

«1982 ҫулхи апрелӗн 16-мӗшӗнче правлени членӗсем, ҫав шутра эпӗ те, районти Сельхозтехника пӗрлешӗвӗ хуҫалӑха фондпа уйӑрса панӑ «Москвич-ИЖ-2715» икӗ ҫӑмӑл автомашинӑна туянас мар тесе пӗр саслӑн йышӑнтӑмӑр. Вӗсен оптовӑй хакӗ 7.520 тенкӗ. Машина вырӑнне Патӑрьел районӗнче кӳмеллӗ икӗ «ИЖ-Юпитер» мотоцикл туянма шутларӑмӑр. Комплекслӑ бригада бригадирӗсемпе агроном-пахчаҫа ӗҫре ҫак йӳнӗ транспорт та тивӗҫтерет, тереҫ, колхоза капла 4.623 тенкӗ перекетлесе хӑварнине те шута илчӗҫ.

Правлени членӗсемпе эпӗ, капла туса, КПСС Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрсен Совечӗ 1965 ҫулхи ноябрӗн 5-мӗшӗнче автомобильсен, тракторсен, ялхуҫалӑх машинисен тата вӗсен запас пайӗсен оптовӑй хакӗсем ҫинчен йышӑннӑ постановленине пӑсрӑмӑр. Унта колхозсене ҫӑмӑл автомашинӑсемпе транспорт хатӗрӗсене оптовӑй хакпа сутмаллине кӑтартнӑ. Ирӗксӗр пӑсрӑмӑр, мӗншӗн тесен районти Сельхозтехника пӗрлешӗвне мотоциклсем фондпа уйӑрса паман. Фондпа уйӑрнӑ ҫӑмӑл автомашинӑсем вара чылай хаклӑрах. Ыйтӑва татса панӑ чух правлени членӗсем ҫапла шутларӗҫ: бригадирпа агроном-пахчаҫа транспорт ҫулла — ака вӑхӑтӗнче, калчасене пӑхса ӳстернӗ, тырӑ вырнӑ чух кирлӗ, хӗлле вара — юр тытнӑ чух хире автомашинӑпа та, мотоциклпа та пырса кӗрейместӗн, лашапа ҫеҫ ҫитме пулать. Кунсӗр пуҫне, ҫӑмӑл автомашина пӑхса тӑма, кӑткӑсрах, хаклӑрах ларать, бензин та чылай ытларах пӗтет.

Колхозра пилӗк комплекслӑ бригада, пурте пысӑк — унччен уйрӑм колхоз пулнӑскерсем. Хуҫалӑхра виҫӗ тӗп специалист. Кашниех 1.500 тенкӗ тӑракан мотоцикл илсе парсан, вӗсене ӗҫре усӑ курма кирлӗ транспорт валли пурӗ те 12 пин тенкӗ пӗтет. Оптьвӑй хакпа ҫӑмӑл автомашина туянса парас пулсан вара 30 пин тенкӗ ытла кирлӗ. Калӑр-ха, руководительшӗн хӗшӗ лайӑхрах — 30 пин тенкӗ е ун вырӑнне 12 пин тенкӗ ҫеҫ тӑкаклани?

Паллах ӗнтӗ, инструкцине пӑхӑннӑ пулсан, право йӗркине сыхлакан органсем кӑна мар, ыттисем те оптовӑй хакпа сакӗр ҫӑмӑл автомашина туяннӑшӑн та нимӗн те каламастчӗҫ. Мӗншӗн тесен ҫӳлтен кӑтартнӑ йӗрке тӑрӑх тунӑ ӗҫ пулатчӗ. Эпир вара хаклӑ тӑракан автомашина вырӑнне йӳнӗ транспорт хатӗрӗсем туяннипе ҫырлахрӑмӑр, 4.623 тенкӗ перекетлесе хӗвартӑмӑр.

Паллах, инструкцие пӑснӑ тесе айӑплассти йывӑр мар, анчах капла ӗҫри пуҫарулӑха пӗтерсе тӑкмастпӑр-и? Инструкцисем пирки тӗплӗн шутласа пӑхмасӑр айӑпласа, право йӗркине сыхлакан органсем колхоз укҫи-тенкине ытлашши тӑкаклаттараҫҫӗ. Халиччен йӗркерен тухларах туса, колхоз правленийӗ бригадирсене ӗҫре усӑ курма пурӗ те 2.997 тенкӗ тӑракан транспорт хатӗрӗ — илсе пани хуҫалӑха сиен кӳни пулать-и вара? Мотоциклсем вырӑнне оптовӑй хакпа 7.520 тенкӗ перса ҫӑмӑл автомашинӑсем туянни пачах урӑхла шутланатчӗ — ялхуҫалӑхне аталантарма кирлӗ тесе, укҫа темиҫе хут ытларах тӑкакланӑшӑн та пӗр сӑмах та каламастчӗҫ. Ҫавӑнта мар-и, руководительсенчен нумайӑшӗ пуҫарулла мар, ыйтӑва хӑйсем тӗллӗн татса пама хӑраҫҫӗ.

Право йӗркине эпир хуҫалӑха ырӑ тӑвас тӗллевпе пӑснине ӑнланса илсе, пирӗн ҫинчен айӑпа сирччӗр тесе, Чӑваш АССР Верховнӑй судне ҫыртӑм. 1986 ҫулхи январӗн 13-мӗшӗнче ӗҫе пӑхса тухса, районти халӑх сучӗн решенине ҫаплипех хӑварчӗҫ. РСФСР Верховнӑй Сучӗ манӑн иккӗмӗш ҫыру ҫине ҫичӗ уйӑхран тин хуравларӗ. Жалобӑпа пӗрле чиксе янӑ мӗнпур документсем ҫӗтрӗҫ. Республика прокурорне Е. П. Жучкова янӑ ҫыру ҫине унӑн аслӑ помощникӗнчен В. В. Ефимовран хут илтӗм. Пур хутра та пӗр сӑмах. Пирӗн ӗҫе пур енлӗн те тӗпчесе пӑхмасӑрах, пурте ӑна тепӗр хут пӑхса тухма нимӗнле сӑлтав та ҫук, теҫҫӗ. Ҫапла вара, право йӗркине сыхлакан органсем шутланипе, эпӗ преступник пулса юлтӑм, ман ӗнентерӳллӗ сӑмахсене никӑшӗ те итлесшӗн пулмарӗ.

Бригадирсене ӗҫре кирлӗ транспортпа тивӗҫтерес ыйтӑва эпӗ пӗччен татса паман-ҫке, колхоз правленийӗпе уполномоченнӑйсем туянни колхоза 4623 тенкӗ укҫа перекетлесе хӑварма май парать тесе шутланӑ. Анчах право йӗркине сыхлакан органсем колхоз Уставӗ хуҫалӑхшӑн закон пулса тӑнине шута хумаҫҫӗ, руководительсене хуҫалӑха аталантарас тӗлӗшпе пуҫарулӑх кӑтартма памаҫҫӗ. Инструкцие пурнӑҫлатпӑр тесе, хуҫалӑха ытлашши укҫа тӑкаклаттараҫҫӗ. Перекетлесе хӗварнӑ укҫа ялхуҫалӑхне аталантарма каймасть-и вара?

Халӗ эпӗ пенсире. Манӑн совесть таса. Колхоз пурлӑхне нихҫан та хапсӑнман. Ӗмӗр тӑршшӗпех колхоз экономикине тӗреклетессишӗн тӑрӑшнӑ. 15-рен тытӑнса, 1941—1943 ҫулсенче счетоводра ӗҫлерӗм, унтан ҫичӗ ҫул хушши Совет Ҫарӗнче. Ҫапӑҫура амантӑм, фронтра Отечественнӑй вӑрҫӑ орденӗпе «Паттӑрлӑхшӑн» медаль илме тивӗҫлӗ пултӑм. 1956 — 1960 ҫулсенче — колхозри ревизи комиссийӗн председателӗ, унтан тӑватӑ ҫул хушши — партком секретарӗ, 1964—1973 ҫулсенче — вӑтам шкул директорӗ тата колхозри нумай тиражлӑ хаҫат редакторӗ. 1973—1985 ҫулсенче — кохоз председателӗ. Ирпе тӑватӑ сехетре ӗҫе каяттӑм та ачасем ҫывӑрма выртсан тин таврӑнаттӑм. Ӗҫре «Хисеп Палли» орденпа, тӑватӑ хутчен Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗн Хисеп грамотипе наградӑларӗҫ. «Халӑха вӗрентес ӗҫ отличникӗ», «Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ учителӗ», «Чӑваш АССР тава тивӗҫлӗ ялхуҫалӑх работникӗ» хисеплӗ ят илме тивӗҫлӗ пултӑм. 1980—1985 ҫулсенче — Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн депутачӗ. Район тата ял Совечӗн депутатне те суйланӑ.

Хама айӑплӑ мар тесе шутлатӑп, колхоза эпӗ нимӗнле сиен те кӳмен, бригадирпа агронома валли ҫӑмӑл автомашина вырӑнне мотоцикл туянса укҫа чылай перекетлесе хӑвартӑмӑр. Мотоцикл туяннипе эпӗ хама нимӗнле усӑ та туман. Колхоза сиен тунӑ тесе судпа айӑпласа, пирӗнтен 1687 тенкӗ те 70 пус шыраса илни вӑл — хуҫалӑхшӑн тӑрӑшакан руководителе ытахалех кӳрентерни, унӑн пуҫарулӑхне пӗтерсе тӑкни, ҫӳлтен мӗн хушни тӑрӑх ҫеҫ ӗҫлеме хӑнӑхтарни. Савӑнпа ӗнтӗ хамӑра судпа айӑпланӑ хыҫҫӑн текех мотоциклсем туянма пӑрахрӑмӑр, чылай хаклӑрах тӳлеме тивнине пӑхмасӑр, ҫӑмӑл автомашинӑсем илме пуҫларӑмӑр.

Паянхи кунччченех хама хам ятлатӑп: колхоз укҫи-тенкине перекетлес тесе, ҫӑмӑл автомашинӑсем вырӑнне чылай йӳнерехе мотоциклсем туянса, хам ӗмӗре йӗркеллӗ ӗҫлесе ирттернӗ хыҫҫӑн суд умне тӑма кирлех пулнӑ-ши? Хӑшпӗрисем пек, ҫӳлтен каласса кӗтсе пурӑнма пулатчӗ-ҫке-ха лӑпкӑн, нимӗншӗн те айӑпламастчӗҫ. Колхоз укҫине чылай перекетлесе хӑварни ырӑ ята варалярӗ ҫеҫ...»

Ку ӗҫ ҫӗнетӳ пуҫлавиччен темиҫе ҫул маларах — 1982 ҫулта пулнӑ. Суд материалӗсене пӑхсан, ҫакна та пӗлетӗп: ун чух урӑхла тума май килмен пирки транспорт хатӗрӗсене сутмалли хакпа, райпо урӑ, Патӑрьел районӗнчи халӑх сучӗ «Мулюков ӗҫне» 1985 ҫулхи мартра — ҫӗнетӳ тапхӑрӗ пуҫланиччен кӑшт маларах пӑхса тухнӑ. КПСС Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрсен Совечӗ 1965 ҫулхи ноябрӗн 5-мӗшӗнче «Автомобильсен, ялхуҫалӑхӗнче усӑ куракан тракторсен, ялхуҫалӑх машинисен тата автомобильсемпе тракторсене, ялхуҫалӑх машинисене кирлӗ запас пайсен оптовӑй хакӗсем», ҫавӑн пекех 1978 ҫулхи июлӗн 20-мӗшӗнче «Ялхуҫалӑхне аталантарма уйӑрнӑ хатӗрсемпе укҫа-тенкӗ урӑх тӗллевпе усӑ курассине пӗтересси ҫинчен» йышӑннӑ постановленисене пӑхӑнмасӑр транспорт хатӗрӗ туянмалли йӗркене пӑснӑ тесе айӑпланӑ колхоз председателӗпе главнӑй бухгалтера — Г. Мулюковпа Х. Табаковӑна. Оптовӑй хак ваккӑн сутмалли хакран йӳнӗрех. Анчах та оптовӑй хакпа туянма государство мотоциклсем фондпа пачах уйӑрман пирки ирӗксӗрех ваккӑн сутмалли хакпа илме тивнӗ. (Мотоциклӑн оптовӑй хакӗ 649 тенкӗ пулнӑ, ваккӑн сутмалли хакӗпе пӗриншӗн — 1446, теприншӗн 1449 тенкӗ тӳленӗ, оптовӑй хакпа танлаштарсан, иккӗшӗшӗн 1596 тенкӗ ытларах панӑ). Ҫапла, хаксен хушшинчи уйрӑмлӑхӑн виҫипе ҫеҫ хакласан, чӑнах та, мотоцикл туяннӑ чух колхоз укҫине ытларах тӑкакланӑ, хуҫалӑха сиен кӳнӗ пек пулса тухать. Анчах Мулюков тӗрӗсех калать мар-и: фондпа уйӑрнӑ ҫӑмӑл автомашинӑсем вырӑнне мотоциклсем туянса, ҫав вӑхӑтрах 4623 тенкӗ перекетлесе хӑварнӑ-ҫке! Судра ӗҫе пӑхса тухнӑ чух та, кайран та, ӑна тепӗр хут пӑхма ыйтса тӗрлӗ сӗре ҫырсан та, мӗншӗн ҫавна шута илмен-ха?

Редакци ыйтнипе «Чувашскагропромснаб» производство пӗрлешӗвӗн председателӗ В. Костин ҫапла ҫырса пӗлтерчӗ: колхозсемпе совхозсене сутма государство 1986 ҫулччченех фондпа мотоциклсем уйӑрман, темиҫе ҫултанпа тин тӗрлӗ маркӑллӑ мотоциклсемпе тивӗҫтереҫҫӗ. Апла тӑк, колхозсемпе совхозсен бригадирсемпе специалистсем валли, йӗркене пӑсмасӑр, 1986 ҫулччен мотоцикл ӑста тата епле туянмалла пулнӑ? Ӗҫре мотоцикл та тивӗҫтернӗ сӗртех ҫӑмӑл автомашина илсе пани хуҫасӑрлӑха пӗлтермесчӗ-ши? Халӑх мӗн калатчӗ ҫапла тунишӗн?

«Мулюков ӗҫне» татса панӑ чух тӗпе хунӑ постановленисем чӑнах та хуҫалӑх руководителӗсене ҫӳлтен хушмасӑр нимӗн тума та юраман пек пурӑнма хӑнӑхтарма хистенӗ-ши вара? Ҫук! Постановленисемпе тӗплӗн паллашсан, ҫавна тӳрех куратӑн.

Акӑ, 1965 ҫулта тухнӑ постановленине илӗпӗр. Унта автомобильсемпе ялхуҫалӑх тракторӗсене, ялхуҫалӑх машинисене тата вӗсене кирлӗ запас пайсене колхозсемпе совхозсене 1966 ҫулхи январьтен пуҫласа оптовӑй хакпа сутмалли, ку енӗпе вӗсене промышленность предприятийӗсемпе танлаштарасси ҫинчен сӑмах пырать. Ҫапла ҫӑмӑл... кашнийӗ хӑй пӗлнӗ-йӗлнӗ пек усӑ курмалла мар вӑл ку документпа. Еппен те ытти транспорт хатӗрӗсене те колхозсене оптовӑй хакпа ҫеҫ сутма хушнӑ пулсан, постановленипе мотоциклсем туянас йӗрке пирки те ҫӑмӑл автомашинӑсем ҫинчен каланӑ пекех уйрӑммӑн кӑтартнӑ пулӗччӗ.

Тепӗр постановленине те — 1978 ҫулта йышӑннине — пӑснӑ тесе айӑплани те иккӗлентерет. Пачах тӗлсӗр-йӗрсӗр ҫыпӑҫтарнӑ пек туйӑнать ун ҫумне «Мулюков ӗҫне». Мӗнле тӗллевпе йышӑннӑ-ха ку постановлени — малтан ҫавна пӑхар-ха. Унта каланӑ тӑрӑх, государство ялхуҫалӑхне уйӑрса паракан укҫа-тенке хӑшпӗр ҫӗрте урӑх тӗллевпе усӑ курнӑ. Калӑпӑр, ҫак укҫана республикӑсемпе крайсенчи, облаҫсемпе районсенчи организацисем халӑх хуҫалӑхӗн урӑх отраслӗсене янӑ. Ялхуҫалӑхӗ валли уйӑрнӑ тракторсемпе автомобильсене, ытти пурлӑхпа техникӑна промышленность предприятийӗсене, транспорта, ытти министерствӑсемпе ведомствӑсене панӑ. Хӑшпӗр партипе совет, хуҫалӑх органӗсем хуласемпе район центрӗсенче сурт-йӗр тума тата вӗсене тирпейлем кӳртме партарнӑ. Выранти влаҫсем хистенипе колхозсемпе совхозсем хуҫалӑх ӗҫӗпе пачах ҫыхӑнман мероприятисем, ҫав шутра хӑнасем йышӑнма, банкетсем ирттерме укҫа-тенкӗ чылай пӗтерни те пулнӑ. Ҫав йӗркепе пӗтерме хушнӑ постановленире.

Ку постановленипе, тӗплӗн паллашатӑн та, шутлатӑн: бригадирпа агронома ӗҫре ҫӳреме мотоцикл туянса панине колхоз укҫи-тенкине унта кӑтартнӑ пек салатнипе пӗре хуни тӗрӗс-ши? Суд решенийӗнче «ялхуҫалӑхне аталантарма уйӑрнӑ укҫапа ялхуҫалӑх производствипе ҫыхӑнман тӗллевпе усӑ курнӑ» тесе ҫырнӑ май, ыйтас килет: бригадирпа агроном куллен тӑвакан ӗҫ ялхуҫалӑх производствипе ҫыхӑнман-им вара? Мотоцикл илсе парса, вӗсене тухӑҫлӑрах ӗҫлеме май кӳни ялхуҫалӑх экономикине аталантарма пулӑшни пулмасть-шим?

Пӗр шутласан, «Мулюков ӗҫӗнче» тӗпне-йӗрне тупма йывӑрри нимех те ҫук ӗнтӗ. Унпа тӗплӗн паллашма та вӑхӑт нумай кирлӗ мар: темиҫе листаллӑ ҫеҫ вӑл. Вуласа тухтарас тӗллевпе редакципе янӑ официаллӑ хутсем хушшинче РСФСР Верховнӑй Сучӗн членӗ В. Дроздов, ҫак судӑн гражданла ӗҫсен коллегийӗн председателӗшӗн алӑ пуснӑ С. Салов, Чӑваш АССР Верховнӑй Сучӗн председателӗ П. Юркин, Чӑваш АССР прокурорӗн аслӑ помощникӗ В. Ефимов панӑ ответсем те пур.

— Ҫыра-ҫыра, тӗрлӗ органсене ҫӳре-ҫӳре ывӑнтӑм. Хам закона хирӗҫле ӗҫ туманнине ҫӗнетӳ тапхӑрӗнче те никама та каласа ӗнентерейместӗп, — тет Мулюков. — демократи вӑй илсе пынӑ сӗртех право йӗркине сыхлакан органсем кивӗллех ӗҫленӗ пек шутласа.

Ҫапах та хӑйӗн ӗҫне сӗвӗрен пӑхса тухасса ӗненме пӑрахман-ха вӑл.

**И. МАТРОСОВ.**

*Литература архивĕ*

# И. Я. ЯКОВЛЕВ. 1916—1917 çулсем

## А. Жиркевичăн кун кĕнекинчен

(Малалли. Пуçламăшĕ 4-мĕш номерте).

Ку веçех мана интереслентерет, хумхантарать. Ахаль хресчен-чăвашран — действительнăй статски советник, вĕренӳ заведенийĕн инспекторĕ (директорĕ) пулса тăнă. Аслă пĕлӳ илнĕ çын. Ячĕ Чĕмпĕртен инçетри вырăнсенче те паллă. Вăл хытă тăрăшнипе çутта тухма пуçланă халăх пурнăçĕпе çывăхрах паллашас килет... Эпир калаçса ларнă чух шкул чиркĕвĕнче служба пынине чан сасси систерчĕ. Сӳнсе пыракан старик хăй чăваш халăхĕшĕн мĕн туни çинчен каласа панине чан сасси çирĕплетме тăрăшрĕ тейĕн. Çакă йăлтах хумхантарчĕ мана. Вилме е Магомет тĕнне тытса пыракансен хушшинче сапаланса пĕтме пултарнă вак халăх ырлăхĕшĕн тапса тăракан пурнăç валли Чĕмпĕрте пĕр кĕтес тупăннă.

¹ Л. А. Кассо — 1910—1914 çулсенче патша правительствин халăх çутĕç министрĕ.

² Сăмах Алексей Иванович Яковлев (1878—1951) — И. Я. Яковлевăн аслă ывăлĕ çинчен пырать.

³ Алексей Александрович Бобровников (1821—1865) — монгол чĕлхине тĕпченĕ паллă лингвист.

⁴ В. Н. Поливанов (1850 — 1915) — археолог, Чĕмпĕр кĕпĕрнинчи ученăй архив комиссийĕн председателĕ, кĕпĕрнери дворянсен предводителĕ.

⁵ Гончаров çурчĕ — Чĕмпĕрте çуралса ӳснĕ паллă писателе И. А. Гончарова халалласа лартнă çурт. Ана тума И. Я. Яковлев хастар хутшăннă.

**Сентябрĕн 7-мĕшĕ**

ПУРТЕ И. Я. Яковлева «чăваш турри» теççĕ. Тава тивĕçлĕ еçсем, паллах, унăн пите нумай. Унăн ячĕ чăваш халăх историне ĕмĕрлĕхех кĕрсе юлать. Вырăс культурине вăл нумай чăваша — урăх тĕн çыннисене— илсе кĕнĕрен, Яковлев унăн историйĕнче асра тытма тивĕçлĕ ят. Енер эпĕ чăваш шкулĕ çумĕнчи госпитальте пултăм, аманнисене пăхакан пĕр хĕрарăмпа чуна уçса калаçрăм. Земство шкул çумĕнчи госпиталĕ [illegible] (тен, [illegible]) хупма йышăннă, тĕрĕ кусă-кусăн калаçнă чух. Меншĕн тесен Яковлев чăвашсем валли мĕн кирлине, земство укçи-тенкипе туянаскерне, шкула сĕтерет, госпитальте пилĕк чăваш тăраса пурăнать, имĕш. Земство укçипе йеркеленĕ сурăн çыхăнăлли пулемре пĕр чăрмавсăр килен-кайни хресчен- [illegible]

ли те пĕтĕмпех тума хушать. Паллах, пĕр йăх çыннисене пулăшни аван: анчах земство хайĕн укçи госпиталĕ мар, таçта урăх çĕре кайнине туять, çапах чее те ĕçлĕ старике нимĕн тума та пултараймасть. Госпиталĕ хупма шутланине туять пулас вăл, мĕншĕн тесен ĕнер мана çапла каларĕ: госпиталĕ хупсан, Шатров госпиталь валли уйăхне 500 тенкĕ пама пăрахать, терĕ. Яковлев кулса çеç ларать... Пĕрре уçнă госпиталĕ, закон тăрăх, хупма юрамасть. Ана вăхăтлăха çеç хупаççĕ курăнать... Лайăх мар ку, паллах. Анчах «чăваш турри» каласа панă тăрăх, шкул валли паракан укçа-тенкĕ пирки тĕрлĕ пуçлăх таврашĕпе унăн ялан кĕрешме тивнĕ, мĕншĕн тесен лешсем законсене, инструкцисене ним вырăнне те хуман...

**Октябрĕн 6-мĕшĕ.**

ЕНЕР Е. А. Яковлева Çĕнĕ Венецра¹ капмар кĕпер уçнă çĕрте пулнă. Халăх пите нумайччĕ, тет. Анчах пурин те кăмăлĕ хуçăлнă: музыка пуласса кĕтни кăлăхах пулнă-мĕн, кĕпере уçнă самантра ракетăсем те яман... Мĕне кирлĕ пулнă-ши çил çинче шăпса тăма?

Ив. Як. Яковлев («чăваш турри») чирлекелет. Пултăм эпĕ ун патĕнче. Сывах мар пулин те, вăл чăваш шкулĕнче хастар ĕçлеме тăрăшать, хайĕн йăлипе, патшалăх япалипе килти пек хуçаланать, çакă земствăна, халăх çутĕç министерствине тата такама аптратса ӳкернĕ... Старик чее, чăркăш тата хистевлĕ: çакăн пек пулма ăна пурнăç вĕрентнĕ, вилессе те çаплах вилет вăл. Вăл вилнĕ хыççăн чиновниксемпе Чĕмпĕр «деятелĕсем» унăн шкулĕнчен мĕн туса хурасси пирки шутлама та пултараймастăп. Анчах та унăн ячĕ ĕмĕрлĕхех асра юлĕ. Хăйĕн тăрăшулăхĕпе вăл çутĕçне юман савăл çапса кĕртнĕ, ăна провинци бюрократийĕн аллипе туртса кăлараймăн.

Яковлевсен çемйинче вăхăта ирттерме кăмăллă: халăх ырлăхĕшĕн тăвакан культура ĕçĕн техĕмлĕ шăршине туйăнса тăракан уйрăм тĕнче кунта... Унăн ĕçне кирлĕ-кирлĕ мар çĕртен хутшăнакансем сахал пулнă-шăн савăнать Яковлев. Ку шкул — çине тарса туна ĕç, ăна килĕштерекенни-йăланаканни сахал. Ăна йăланас тесен, ятарла хăнăху, пĕлӳ, пултарулăх кирлĕ. Яковлев пурăннă чух вырăс чиновник-бюрократпе кунта пырса çапанаймасть. Яковлев вилнĕ хыççăн пĕтĕмпех вырăслатма тăрăшĕç, паллах, вараласа пĕтерĕç, тен, [illegible]

Яковлев Ключарев¹ ячĕпе иртернĕ каçхи апатра пулнă. Асăрах вырăнта ĕçлеме куçса каяканскере чыслама дворянсем, купцасем, хула представителесем пынине каларĕ. Пухăннисенчен кашниех Ключарев усал тунă, унăшăн пуртĕ ăна кураймаççĕ: кашниех хăй ăшĕнче Петроградра çак бюрократи муклашки тата та усал ан тутăрччĕ тесе шутланă... Яковлев та çак шухăшпах пуç тайнă. «Пĕр кĕпернатăра та кунашкал ăсатман», — тет вăл.

«Вăрçă тата Чĕмпĕрти чăваш шкулĕ ятла», чуна хускатакан брошюра пачĕ мана И. Я. Яковлев. Унта, сăмах май, вăрçăра аманнисен пĕрремĕш ушкăнне Чĕмпĕрте мĕнле кĕтсе илни çинчен çырни пур — Ключарев та кунта, дамăсем, юрă-кĕвĕпе кĕтсе илекен, халăх, алă çуппи, макăрни, парнесем... Ирĕксĕрех çулталăк хушши госпитальте мĕн курнине аса илтĕм: салтаксем патне Ключарев та, дамăсем те, начальство та пырса курмаççĕ, парнесем те çук... Пĕтĕмпех манса кайнă. Интереслĕ брошюрăна вуланă май, макăрас та килет. Халĕ чăваш шкулĕнчи госпиталĕ вăхăтлăха хупнă: никам та çук унта. Ун вырăнне шкул çурчĕсене темиçе çĕр сывă салтака кĕртсе янă, шкулта пĕтĕмпех вараласçĕ, аркатаççĕ, шкул пурнăçне йĕркесĕрлĕхсем кĕртеççе вĕсем.

¹ А. С. Ключарев 1911—1916 çулсенче Чĕмпĕр кĕпĕрнатăрĕ пулнă. Каярах шалти ĕçсен министерствине ĕçлеме куçнă.

**Декабрĕн 30-мĕшĕ.**

ЕНЕР И. Я. Яковлев патĕнче пултăм. Игнатьев граф¹ вырăнне халăх çутĕç министрне Кульчицкие лартнине пĕлтерчĕ вăл. Кульчицкий Хусан вĕренӳ округĕн попечителĕ пулса ĕçленĕ чухне Яковлев ăна лайăх пĕлнĕ. Вăл путсĕр, йĕксĕк, тет, ăна пуртĕ кураймаççĕ, йĕрĕнеççĕ. Вăл, сăмах май, Яковлев темле «чăваш сепаратизмĕ» çинчен ĕмĕтленет тесе айăплама пăхнă, хайĕнчен, Кульчицкирен, килне пулсан, ăна икĕ эрнерен службăран хăваласа кăларассипе хăратнă, тет. Е. А. Яковлева та, Кульчицкие лайăх пĕлекенскер, вăл мещенчукла пулнине палăртать. Ăна министра лартни Яковлевсене чăнниех те тăрăхтарнă, Игнатьев графа шеллеççĕ вĕсем.

¹ П. И. Игнатьев 1915 — 1916 çулсенче халăх çутĕç министрĕ пулнă.

**1917 ÇУЛ**

не революци те кăнттам, урмăш, илемсĕр пулмĕччĕ...

Яковлевпа ывăлĕ çине пăхса чăн-чăн пĕлӳ, воспитани мĕнле хăватлă пулнине курса тĕлĕнетĕп. Культурăллă ырă тĕллеве пурнăçа кĕртме, паллах, хастарлăх, çине тăни кирлĕ.

«Чăваш турри», чее старик, сыхă тăрать, ниçта та тухса çӳремест, обществăпа государствăри лару-тăру уçăмланасса кĕтет. Малтанхи пекех, вăл лайăх пурăнать. Хăшпĕр чухне ун патне «ирĕке кăларакансем», суя ятпа çӳрекеннисем те, темле «çĕнĕ ятлă» комиссарсем», рабочисемпе салтаксен депутачĕсен Совечĕсен членĕсем вăркăнса кĕреççĕ. Анчах Яковлев вĕсене кăмăлласа йышăнмасть, вĕсенчен çăмăллăнах хăтăлать. Ниçта та тухса çӳремест пулин те, вăл çав-çавах мăнкунăн пĕрремĕш кунĕнче архиерей, Черкасский князь² тата хăшпĕр витĕмлĕ çынсем патĕнче пулчĕ: лару-тăру мĕнлерех пулнине шăршласа пĕлнĕ хыççăн хăвăртрах — хăй патне — хысна хваттерне. Халат тăхăнса лараканскер, вăл хайĕн кĕлеткипе «Крылов асаттене» аса илтерет. Чĕмпĕрте çӳрекен сас-хурапа, анекдотсемпе тăранса пурăнать. Чирлет. Вилĕм кĕтет. Хăй вара пурнипе те интересленет, лайăх сăнавçă, кулăшпа туслă, веçех астăвать, апачĕ те анать. Хамăрла каласан, ăмсанмалла ватлăх.

¹ Николай Иванович Яковлев (Коля) — И. Я. Яковлевăн кĕçĕн ывăлĕ.

² Чĕмпĕр кĕпĕрнатăрĕ. 1917 çулхи мартчен влаçра тăнă.

**Апрелĕн 18-мĕшĕ.**

КАТЬАПА¹ иксĕмĕр ĕнер Яковлевсем патĕнче пулнă чухне хваттерпе юнашар пӳлĕмре чăваш шкулĕн кăларăм класĕнче юрлассипе экзамен пыратчĕ. Яковлев пире те пырса курма сĕнчĕ. Эпĕ класра икĕ сехет пултăм. Яковлевпа Катьăсăр, мансăр пуçне юрлама вĕрентекен Максимов², священник тата учитель — çак шкулти чăвашсем пулчĕç. Хăшпĕр хĕрсем (вĕсенчен нумайăшĕ калмăк сăн-питлĕ, хĕсĕк куçлă) фисгармони хитре калаççĕ. Яковлевпа Максимова хамăн туйăмсене пĕлтертĕм. Эпĕ хĕрсен сăн-питне сăнарăм. Экзамен тытакан хĕрсем хушшинче, тен, революционеркăсем те пур, тесе шутларăм. Вĕсем халăх хушшинче тĕне ĕненмеллĕх, православие кураймалăх сарма пуçлĕç. Халлĕхе вĕсем пурте вырăс, православи Христосне парăннă...

¹ А. В. Жиркевич мăшăрĕ — Екатерина Константиновна.

² Степан Максимович Максимов — чăвашсен паллă композиторĕ.

**Апрелĕн 23-мĕшĕ.**

ХУСАН çар округĕн приказĕпе лазаретсен инспекторĕн должноçне парахăçланă.

**Майăн 15-мĕшĕ.**

ЕНЕР арăмпа иксĕмĕр Яковлевсем патĕнче пултăмăр. Старик йывăрлансах пырать, часах пурнăçран уйрăлса каять пулас. Мĕнле майпа чухăн хресченĕн, чăвашăн чăваш халăхне Христос тĕнĕ, культурапа çутлăх таран çĕклеме шухăш çуралма пултарнине сырса хурас [illegible]

## УЛАТĂР районĕнче

### Ăста пропагандист

Вăтăр çула яхăн пропагандистра ĕçлет Римма Алексеевна Кожаева коммунист «Электроприбор» завод управленийĕнче. Занятисене яланах интереслĕ, тĕрлĕ формăсемпе усă курса ирттерет.

Хисеплесçĕ заводра Римма Алексеевнăна. Унăн ятне КПСС обкомĕн Политвĕренӳ çурчĕн Хисеп хăми çинче курма пулать.

### Пархатарлă ĕçсемшĕн

Стемасри вăтам шкулти биологи учительне Н. Н. Габулинăна районта лайăх пĕлеççĕ. Шкулти сăнав участокĕнче пысăк тухăçлă пахчаçимĕç çитĕнтерет вăл ачасемпе.

Пархатарлă ĕçсемшĕн ăна Халăх хуçалăх çитĕнĕвĕсен выставкин медалĕпе наградăланă.

### «Çăлкуç» клубра

Хулара кĕнеке вулама юратакансен «Çăлкуç» клубĕ ăнăçлă ĕçлет. Çак кунсенче унăн черетлĕ ларăвĕ пулса иртнĕ.

Н. П. Анненкова «Рихард Зорге — хăюллă разведчик» темăпа тухса калаçнă. Клуб членĕсем тĕп библиотекăна килнĕ çĕнĕ кĕнекесемпе паллашнă.

### Çĕнĕ уйрăм

Чугун çул техникумĕнче çĕнĕ уйрăм уçăлнă. Пурĕ 60 çын йышăннă унта. Куçса çӳрекен составсене юсама хăнăхаççĕ вĕсем.

**А. КРАСНОВ.**

## ФАБРИКĂН—14 ФИЛИАЛ

Республикăри районсенче Шупашкарти чăлхапа трикотаж фабрикин 14 филиалĕ ĕçлет. Пелтер весем 500 пин ытла трикотаж изделийĕ туса кăларнă.

— Çулталăк каярах икĕ çĕрте — Çĕрпӳпе Вармар районĕсенче кăна «Колос» тата «Восход» филиалсем пурччĕ. Пелтĕр вара, ял çыннисем ыйтнипе, фабрикăн 10 филиалне уçма йышăнтăмăр, —каласа парать директор заместителĕ П. Сазонов. — Чăннипе вара 12 çĕрте производство участокĕсем йĕркеленĕ. Халĕ вĕсенче 150 çын ытла ĕçлет. Филиалсем тĕрлĕ йышши трикотаж изделийĕ туса кăлараççĕ.

Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсене фабрикăна районсен, колхозсемпе совхозсен руководителĕсем, филиалсен мастер-бригадирĕсем пухăннă. Вĕсем малтанхи опыта пĕтĕмлетнĕ, ĕçе лайăхлатмал- [illegible]




## ÇĔНЕ ПОЛЮС

Кăçăн Кипекре икĕ хĕрарăм тӳпелешнине куртăм:

— Эп полюса ĕçлеме каятăп, —тет çăматăлли.

— Çук, эпĕ, — тет кĕрĕкли. —Полюсра ĕçлекенсене ĕçук çи нумайрах тӳлеççĕ.

— Ай-турух, ан çапăçăр, Çĕр чăмăрĕ çинче икĕ полюс —Çурçĕрпе Кăнтăр, пурин валли те вырăн çитет, — чарма хăтлантăм. — Çитменнине, мĕншĕн полюса çити ĕçлеме каясшăн эсир?

— Пирĕн хамăрăн «полюс» пур, — хуравлать çăматăлли мăнкăмăллăн. — Иртнĕ эрнере мăнук валли ăшă пушмак юсаттарма комплекслă йышăну пунктне кайрăм — пӳлĕмĕнче чутах тăм илетчĕ.

— Ниччава, тăвата ялтан кĕпе çĕлеттерме, телевизор, радиоприемник юсаттарма килекенсем ăшăтаççĕ, — [illegible] кĕрĕкли. — Кун пек [illegible] рах та — приемщицăсен шăнса чирлеççĕ те, час-часах улшăнаççĕ. Хи-хи, мĕнле каласса ăна хальхи политикăра — ротаци...

Çĕнĕ полюс «уçакансен» çав çуртрах лараççĕ, иккен: «Малояушский» совхоз дирекцийĕ, Кăçăн Кипек ял Совечĕ. Вĕсен пӳлĕмĕсем вара шăпах экватор тĕлĕнче — ăшă, çутă. Комплекслă йышăну пунктне ăшă кĕртмесен те юрать. Виççĕмĕш «полюс» пултăр.

**А. АЛЕШИН.**

Вăрнар районĕ.

## МУНЧАНА КИЛĔР!

«Йĕплĕ çăмаха» çакланнисене вăйпах мунчана хăваламалла. Хăшĕсене Йĕпреçе ярăр— кунта шăпах вĕсем валли ятарласа лартнă «социаллă пурнăçпа йăла объекчĕ» пур. Акă хăшпĕр ырлăхсем:

— 30 пин тенкĕ ытла тăкаклаcа юсарĕç пулин те, крансем йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ, шкафсен хăлăпĕсем çук;

— çапăнмалли пӳлĕмре урай хăми шăтса пĕтнĕ, тимĕр карлăксем хуçăлнă, вĕсен тункатисемпе шăпах ура амантма меллĕ;

— вĕри шывпа та, пăспа та лайăх тивĕçтереймеççĕ, çынсем черетре сехетшер лараççĕ;

— мунчари туалетра шыв кӳлленсе тăрать, çавăнпа унта кĕртмеççĕ.

Шăпах «çылăхлисем» валли.

**ПУЖКХ ĕçченĕсен ячĕпе Н. ПАВЛОВ.**

## ÇИЛ-ТĂВĂЛ АМĂШĔ

Çавраçилпе ĕлĕкрех «Тимĕр урн курăнать» тесе чаратчĕç. Хевеш урамĕнчи 1-мĕш çуртра пурăнакан Елизавета Алексеева пенсионеркăна мĕнле сăмахсемпе чармалла-ши? Сăра сыпса килет те, арăш-пирĕш курнăçланать. Кĕркунне хăй хваттерĕнчи кантăксене, розеткăсене, лампочкăсене ватнă, лумпа стенасене шăтарнă, сăрăсемпе вараланă. Халь те лăпкă пурнăç кăтартмасть кӳршĕсене.

**Л. МОРКОВКИН.**

Шупашкар хули.

## ПИРĔН ЯЛА ПЫРСА КĔРСЕН...

Таçта та шырарăм — ниçта та кунчаллă атă çук. Унсăр вара май çук, уйрăмах тăван яла кайма. Куславкка районĕнчи Куснара. Тавах, халĕ шăнтрĕ-ха.

Çĕрпӳ — Хусан çул çинчен 300 метр шалалла кĕме асфальт та хывнă пирĕн ялалла, тата 2 километрне 20 çулта та тăваймарĕç. Чăнах та, çуртсем кирпĕчрен, анчах урамсене пăхсан — хăраса каймалла: чул-хăйăр, вут-шанкă-пĕрене, тимĕр-тăмăр тулсаларнă. Ял урамĕпе ĕне ферминчи тислĕк шывĕ Энĕше юхать...

**М. БЕЛЯШОВ.**

● *Тупмалли юмах мар*

## ХĂШĔ ÇĂМĂЛ

Пĕр таврăру юмахĕнче çапла вăлтни пур: хăшĕ çăмăл — пĕр пăт тимĕр е пĕр пăт мамăк? Эпир вара, Красноармейски районĕнчи «Большевик» колхозра пурăнакансем, тепĕр юмах тупсамне халĕ те тавçăрса илейместпĕр: хăшĕ çăмăл — газ е приказ?

Çеçмер, Ыхракасси, Шупуçпа Вăрманкас ялĕсенче пурăнакан ватăсем колхозăн тĕп усадьбинчен, Пикшикрен, 6 е 4 çухрăма газ баллонĕсем турттарма йывăртарах, теççĕ. Колхоз правленийĕпе ял Совечĕнче ĕçлекенсем вара: «Газ — сывлăш, сывлăшăн йывăрăш çук», теççĕ. Газ баллонĕсене кашни ялтах улăштармалла тума приказ çырма йывăртарах, имĕш.

«Йĕплĕ çăмах» ыйтипе тавçăрса пăхасчĕ.

**Çитăр мучи.**

## ШУПАШКАРĂМ... ХУРАЛНĂ?

Шурă Шупашкара Вăрмартан хăнана килсен, чи малтан автозаправка станцийĕ курăнать. Мĕн тĕслĕ вăл? Вокзалра вара 9 пуслăх кукăль сутаççĕ. Вырçипе, чăмласа çăтса ярăн-ха, анчах 10 пусран 1 пус тавăрса паманнине кам кĕтсе тăрĕ? Мĕншĕн суту-илĕве çăмăллатма 10 пус тăвас мар? Е... Тупалечĕ тата — 15 пус! Пĕр ватă ветеран та çаплах тӳлерĕ — мĕн тăвăн, çакăншăн юн тăкнă ĕнтĕ.

Хулари троллейбус-автобусра остановка ячĕсене пĕлтермеççĕ. Магазинсенче кирлĕ тавар — шăрши те çук. Черет! Пĕр шĕшли тата: «Тядэ, тай сакурить», тет. Пирус çӳллĕш ӳсмесĕрех турттатпăр, чăвашла манатпăр, иккон, аппа!

Кăмăлăм хăрăк шĕшлĕ патаккилле хуçăлчĕ.

**В. АЛЕКСАНДРОВ.**

Кăтеснер ялĕ.

## ИРĔК ПАМАН МИТИНГ

Ирхи сăвăм хыççăн Хушкапуçпа Улапуç пĕр-пĕрне çулама пуçларĕç.

— Пăрланса ларас тетĕр-им? —асăрхаттарчĕ пĕр çемçе чунлă ĕне.

çитереççĕ, — хутшăнать Улапуç.

— Эх-ха-хай, пурнăç-и ку? Ăçтан тутлăхлă сĕт антарăн? Сывлăшĕ тата... Вентилятор та çук, — шуйхашать Хушкапуç.

— Пăхăр-ха йăри-тавра — хĕрлĕ автан сиксе тухсан мĕн курăпăр? Пĕр огнетушитель пур-и? — хĕрӳленет пиллĕкмĕшĕ.

— Вăкăр савнисем мĕнле хĕл касăç ĕнтĕ — [illegible]

май. Унăн яче чăваш халăх историне ĕмĕрлĕхех кĕрсе юлать. Вырăс культурине вăл нумай чăваша — урăх тĕн çыннисене — илсе кĕнĕрĕ. Яковлев унăн историйĕнче асра тытма тивĕçлĕ ят. Енер эпĕ чăваш шкулĕ çумĕнчи госпитальте пултăм. Аманнисене пăхакан пĕр хĕрарăмпа чуна уçса калаçрăм. Земство шкул çумĕнчи госпитале вăхăтлăха (тен, ĕмĕрлĕхех та) хупма йышăннă, тĕрĕ куçа-куçăн калаçнă чух. Меншĕн тесен Яковлев чăвашсем валли мĕн кирлине, земство укçи-тенкипе туяннăскерне, шкула сĕтерет, госпитальте пилĕк чăваш таранса пурăнать, имĕш. Земство укçипе йĕркеленĕ суран çыхмалли пӳлĕмре пĕр чăрмавсăр килен-каян хресченсене чăваш-рабочисене çыхса яраççĕ. Госпитале хутса ăшăтма питĕ нумай вут-шанкă кирлĕ, меншĕн тесен ăна картишĕнчен шкулпа ун çуменче пурăнакансем валли сĕтерсе пĕтереççĕ. Яковлев пур çĕрте те хайнешкел хуçаланма хăнăхнă, шкулта та, шкул çумĕнчи госпитальте те нимĕнле законран та, правиларан та, циркулярсен та хăраса тăмасть. Госпитальте вăл чăвашсем валтарăшулăхĕпе вăл çутçăн... савăл çапса кĕртнĕ, ăна провинци бюрократийĕн аллипе туртса кăларăймăн.

Яковлевсен çемйинче вăхăта ирттерме кăмăллă: халăх ырлăхĕшĕн тăвакан культура ĕçĕн техĕмлĕ шăрши туйăнса тăракан уйрăм тĕнче кунта... Унăн ĕçне кирлĕ-кирлĕ мар çĕртен хутшăнакансем сахал пулмă... шкул — çине тарса тунă ĕç, ăна килĕштерекенни-ăнланакании сахал. Ăна ăнланас тесен, ятарла хăнаху, пĕлӳ, пултарулăх кирлĕ. Яковлев пурăннă чух вырăс чиновник-бюрократне кунта пырса çапăнаймасть. Яковлев вилнĕ хыççăн пĕтĕмпех вырăслатма тăрăшĕç, паллах, вараласа пĕтерĕç, тен, çаратма та пуçлĕç. Яковлев çакна туять пулас, анчах та пĕтĕмпех мар. Эпĕ вара çак чаплă учреждени çийĕн кăмăлсăрлăх паллисем капланса пынине куратăп. Шкулта та, старике те, чăвашсене, вĕсен ачисемпе пĕрле, шеллес килет ман...

[1] Венец — Чĕмпĕр патĕнчи Атăл çыранĕн ячĕ.

Ноябрĕн 16-мĕшĕ.

ЕНЕР «чăваш турри» И. Я. чухне Яковлев ăна лайăх пĕлнĕ. Вăл путсĕр, йĕксĕк, тет, ăна пурте кураймаççĕ, йĕрĕнеççĕ. Вăл, сăмах май, Яковлев темле «чăваш сепаратизмĕ» çинчен ĕмĕтленет тесе айăплама пăхнă, хайĕнчен, Кульчицкирен, килне пулсан, ăна икĕ эрнерен службăран хăваласа кăларассине хăратнă, тет. Е. А. Яковлева та Кульчицкая лайăх пĕлекенскер, вăл мещенчунла пулнине палăртать. Ăна министра лартни Яковлевсене чăнниех те тарăхтарнă, Игнатьев графа шеллеççĕ вĕсем.

[1] П. Н. Игнатьев 1915 — 1916 çулсенче халăх çутĕç министрĕ пулнă.

1917 ÇУЛ

Апрелĕн 6-мĕшĕ.

И. Я. ЯКОВЛЕВ патĕнче пултăм. Унăн ывăлĕпе[1] паллашрăм. Вырăс çыннинчен ытларах вăл акăлчан сĕврĕлĕрех туйăнчĕ. Музыкант, техник, механик, изобретатель. Тĕпĕнерепе вису чĕлхе пĕлет. Чăваш, хресчен ачи. Эх! Халĕ темле аэроплан заводĕнче ĕçлекен çак çамрăк çын пекех, пирĕн хресченсен ачисем те çапла çӳле вĕçсе хăпарсанччĕ! Ун чухне Екатерина Константиновна.

[2] Степан Максимович Максимов — чăвашсен паллă композиторĕ.

Апрелĕн 23-мĕшĕ.

ХУСАН çар округĕн приказĕпе лазаретсен инспекторĕн должноçне парахăçланă.

Майăн 15-мĕшĕ.

ЕНЕР арăмпа иксĕмĕр Яковлевсем патĕнче пултăмăр. Старик йывăрлансах пырать, час-часах пурнăçран уйрăлса каять пулас. Мĕнле майпа чухăн хресченĕн, чăвашăн чăваш халăхне Христос тĕнĕ, культурапа çутлăх таран çĕклеме шухăш çуралма пултарнине çырса хурас килет. Калаçура эпир пурнăçран уйрăлнă Ив. Матв. Сахарова[1] аса илтĕмĕр. Паян кунччĕнех революцилле «Симбирянин»[2] уншăн тунсăхлать. Сахаров хайĕн хаçатĕнче Яковлев çинчен элеклĕ статьясем пичетленĕ иккен. Яковлев вара элекшĕн Сахаровпа арăмне суда панă. Процесс ултă çула яхăн пынă. Яковлевăн 2,5 пин укçа тăкаклама тивнĕ.

(Малалли пулать).

...районĕсенче кăна «Колос» тата «Восход» филиалсем пурччĕ. Пелтĕр вара, ял çынисем ыйтнипе, фабрикăн 10 филиалне уçма йышăнтăмăр, — каласа парать директор заместителĕ П. Сазонов. — Чăннипе вара 12 çĕрте производство участокĕсем йĕркелене. Халĕ вĕсенче 150 çын ытла ĕçлет. Филиалсем тĕрлĕ йышши трикотаж изделийĕ туса кăлараççĕ.

Çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсене фабрикăна районсен, колхозсемпе совхозсен руководителĕсем, филиалсен мастер-бригадирĕсем пухăннă. Вĕсем малтанхи опыта пĕтĕмлетнĕ, ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен калаçнă. Кăçал тата 10 филиал уçăлать. Вĕсем валли, договорпа килĕшӳллĕн, хуçалăхсенче тивĕçлĕ çурт-йĕр уйăраççĕ, ĕçлеме кăмăллакансене шута илеççĕ. Технологи оборудованине, материалсене фабрика парса тăрать.

Çак кунсенче Канаш районĕнчи Киров ячĕпе хисепленекен колхозра фабрика филиалĕ уçăлнă.

Н. АЛЕКСАНДРОВ.

...та кунчаллă ата çук. Унсăр вара май çук, уйрăмах тăван яла кайма. Куславкка районĕнчи Куснара. Тавах, халĕ шăнтрĕ-ха.

Сĕрпӳ — Хусан çул çинчен 300 метр шалалла кĕме асфальт та хывнă пирĕн ялалла, тăваймарĕç. Чăнах та, çуртсем кирпĕчрен, анчах урамсене пăхсан — хăраса каймалла: чуп-хăйăр, вут-шанкă-пĕренe, тимĕр-тăмăр тулса ларнă. Ял урамĕпе ĕне ферминчи тислĕк шывĕ Энĕше юхать...

М. БЕЛЯШОВ.

...курить», тет. Пирус çуллĕш ӳсмесĕрех туртатпăр, чăвашла манатпăр, иккен, аппа!

Кăмăлăм хĕрĕи шĕшлĕ петаккилле хуçăлчĕ.

В. АЛЕКСАНДРОВ.
Кĕтеснер ялĕ.

# ИРĔК ПАМАН МИТИНГ

Ирхи сăвăм хыççăн Хушкапуçпа Улапуç пĕр-пĕрне çулама пуçларĕç.

— Пăрланса ларас тетĕр-им? —асăрхаттарчĕ пĕр çемçе чунлă ĕне.

— Тăвар çулас килет-çке — ĕнесен куççулĕ те тăварлă теççĕ, — хуйхи-суйхине пĕлтерчĕ Хушкапуç.

— Эпир çеç нушаллă-им? — лăплантарчĕ лешĕ. — Дояркăсем, авă, пур ĕçе те алă вĕççĕн тăваççĕ. Тарлă кĕписем типсе курмаççĕ. Юрать-ха, ача-пăча çуратас хĕрарăмсем мар, пепкисене тахçанах ӳстерсе пĕтернĕ. Çамрăккисем кунта ĕçлеме килмеççĕ-çке — хулана тараççĕ, ваттисем чăтаççĕ... Пирĕн те чăтас пулать ĕнтĕ.

— Кăшманне те çумасăрах çитереççĕ, — хутшăнать Улапуç.

— Эх-ха-хай, пурнăç-и ку? Ăçтан тутлăхлă сĕт антарăн? Сывлăшĕ тата... Вентилятор та çук, — шуйхашать Хушкапуç.

— Ытла ан тарăхăр-ха, ферма ĕçченĕсен хĕрлĕ кĕтесĕнче те витери пекех, — ăнлантарать виççĕмĕшĕ. — Урайĕнче çӳп-çап, хĕвелçаврăнăш хуппи... Телефонĕ те ĕçлемест.

— Вĕсене те шел ĕнтĕ. Вăхăчĕпе радио итлес, телевизор курас килет пуль. Сауна-душ çук...

— Манăн та сăмах пур-ха— тяппине çĕклеме пăхать тепĕр çамрăк ĕне. — Кĕçех пăрулама вăхăт çитет — хăранипе чĕтрев эртĕм. Фермăра нимĕнле эмел те çук.

— Пăхăр-ха йĕри-тавра — хĕрлĕ автан сиксе тухсан мĕн курăпăр? Пĕр огнетушитель пур-и? — хĕрӳленет пиллĕкмĕшĕ.

— Вăкăр савнисем мĕнле хĕл каçĕç ĕнтĕ — вите алăкĕсене, чӳречисене юсаман, мăччинчен çăлтăр курăнать, — пăшăрханать улттăмĕшĕ.

— Молчать! Саланăр! — янраса кайрĕ çав вăхăтра Çĕнъял Упи ялĕнчи витере. Кунта Красноармейски районĕнчи «Звезда» колхоз пуçлăхĕсем ситсе кĕчĕç, иккен.—Мĕн эсир, хальхи саккунсене пĕлместĕр-им? Ирĕк памасăр митинг ирттерме юрамасть! Унсăрăн...

Ирĕк паман митингра А. Леонидов пулнă.




Сирĕн ял ферми мар-и ку!

Г. Яковлев ӳкерчĕкĕ.

# «Йĕплĕ çăмах» хыптарсан

«ÇУЛ КУКРАШКИ-МУКЛАШКИ» (1989, XI, 11) хыççăн И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн администрацийе хуçалăх енĕпе ĕçлекен проректорĕ Л. Г. Ефремов хуравларĕ. Госавтоинспекци Ф. И. Кузьмин прораба усĕр пуçпа хайĕн автомашинипе ярăннăшăн водитель прависемсĕр хăварнă, ăна администраципе хуçалăх чаçĕнчи ĕçне хирĕç кĕрешенен комисси ларăвĕнче октябрĕн 24-мĕшĕнче сӳтсе явнă (8-мĕш номерлĕ протокол). 30 тенкĕ штраф тӳлеттернĕ. С. М. Вишняков главнăй инженера хăй ертсе пыракан çынсем хушшинче эрех ĕçессине хирĕç пропаганда вирлĕрех туса пыма хушнă. «Й. ç.»: Çапла пултăрахчĕ.

«КАМА ЕНЕНМЕЛЛЕ?» (1989, XI, 11) ыйтăва халăх депутачĕсен Шупашкар хула Совет ĕçтăвкомĕн сывлăха сыхлас ĕç пайĕн заведующийĕ И. Н. Николаев хуравлать. Мускав районĕнчи стоматологи поликлиникинче медицина персоналне черетлĕ отпуск тĕрĕсех панă. Статьяна приборсем ратпи çĕнĕ тесе çирĕплетет. Статьяна приборсем раççĕ тесе çирĕплетет. Статьяна приборсем тăвакан заводри медсанчаçĕн главнăй бухгалтерĕ Л. Т. Филиппова, поликлиникăри халăх контроль группин председателĕ А. М. Четверговa тата профком председателĕ И. И. Захарова тĕрĕслене. Сывлăха сыхлас ĕç пайĕ С. Л. Стрелкова главнăй врач ĕçĕпе кăмăллă. Поликлиника суллен ăмăртура малти вырăнсене йышăнать.

«Й. ç.» çакна санитаркăсен çырăвĕсемпе те çирĕплетесшĕн. Ау!

Октябрĕн 1-мĕшĕнче «УКÇА ЧУЛ КАСТАРНА» хыççăн автомобиль транспорчĕн «Чувашавтотранс» территори производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕн заместителĕ П. И. Иванов служба тĕрĕслевĕ ирттерни, ЧПОПАТри общество контроль комиссийĕн ларăвĕнче пăхса тухни çинчен пĕлтерет. Сентябрĕн 5-мĕшĕнче 103-мĕш маршрутпа 76 — 75 автобус çинче Ижетникова кондуктор плана 96,9, çав кунах Канаш — Çĕрпӳ маршрутпа 20 — 40 ЧУЛ автобус çинче Павлов водитель плана 66,9 процент тултарнă, вĕсем никама та билет памасăр илсе кайманни çинчен хут çине çырсах ăнлантарнă. Ижетниковапа Павлова выговор панă, 100 процентчĕпех пĕр уйăхри премисĕр хăварнă. Çав кунах Çĕрпӳ — Канаш маршрутпа 32 — 21 номерлĕ автобус çинче ĕçленĕ Канашри ПАТП водительне Н. Л. Леонтьева ноябрĕн 1-мĕшĕнче кăларнă 215-мĕш номерлĕ приказпа икĕ пассажира 20 пуслăх билет памасăр илсе кайнăшăн асăрхаттарнă, сентябрь уйăхĕнчи премин 25 процентне катса юлнă.

«Й. ç.»: Тĕп хулара нимсĕрех 100 процент премии катаççĕ, выговор параççĕ, лере — асăрхаттараççĕ çеç... Çĕнĕ çулта пĕтĕм ПОПАТсемне ПАТПсене Канаша куçарар!

Октябрĕн 28-мĕшĕнче «ПĔРЕШКЕЛ ЧУПАКАНСЕМ» пирки Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Путь коммунизма» колхозри партком секретарĕ А. Тверсков статьяна колхозри коммунистсен пĕрле сӳтсе явни çинчен хыпарлать. Общественность пухăвĕнче выльăх-чĕрлĕх пăхакансемпе вăлла выльăх-чĕрлĕхе çителĕксĕр аталантарнăшăн тата çынсем хушшинче массăллă-политика ĕçе вăйсăрлатнăшăн колхоз председательне Н. А. Ельмова, партком секретарьне А. И. Тверскова выговор панă, колхоз правленийе главнăй зоотехникне М. В. Ярандайкина пирки ыйту пăхса тухма сĕннĕ. Хуçалăх 1989 султа государствăна çăм сутмалли плана тултарнă.

# Пĕлес тенĕччĕ...

## Шурă Лаша çулĕ

Çĕнĕ çула кĕтĕмĕр. Ăна мĕншĕн Лаша çулĕ теççĕ?
К. ПРОКОПЬЕВ.
Шупашкар хули.

КĂНТĂР Азири çĕршывсен Уйăх календарĕ пур. Çав календарь тăрăх вуникĕ çула тĕрлĕ чĕрчунсен ячĕсене парса тухнă. Китайри астрологсем, сăмахран, хăйсен календарьне çак йĕркепе майласа тăснă: шăши (японсен — йĕкехӳре), буйвол (японсен — вăкăр), тигр, кушак аçи (японсен —кролик), дракон, çĕлен, лаша, сурăх (качака), упăте, автан, йытă, сысна çулĕсем. Вуникĕ çул иртсен çулсене тепĕр хут шутласа каяççĕ. Çапла вара, лаша çулĕ пирĕн ĕмĕрте 1906, 1918, 1930, 1942, 1954, 1966, 1978, 1990 çулсенче килнĕ. Пĕлтĕр çĕлен çулĕ пулнă, килес çул сурăх çулĕ пулать.

Китай календарĕ тăрăх Лаша çулĕ 1990 çулхи январĕн 26-мĕшĕнче çурçĕр тĕлĕнче (çĕнĕ Уйăх тухнă кас) килет те 1991 çулхи февралĕн 14-мĕшĕччен пырать. Уйăх календарьне яланах январь вĕçнелле е февраль пуçлансан пулакан çĕнĕ Уйăх тухнă кунран шутласси йăлана кĕнĕ. Китай çыннисен çĕнĕ çулĕ кашни çулах тĕрлĕ вăхăтра, анчах январĕн 21-мĕшĕнчен ир мар, февралĕн 19-мĕшĕнчен кая юлмасăр килет.

Гороскоп тăрăх Лаша çулĕнче çуралнă çынсем — илемлĕ, хитре кĕлеткеллĕ пулнипе палăрса тăраççĕ, вĕсем чун-чĕре енчен ырă, туйăмĕсемпе çĕкленӳллĕ, çивĕч ăслă тата юмора хаклама пĕлеççĕ, çынсемпе хăвăрт пĕр чĕлхе тупаççĕ, çын кăмăлне кайма пĕлеççĕ, спорта юратаççĕ. Çавăнпа та вĕсене килĕштерекенсем нумайăшинчен тĕлĕнмелли çук. Анчах та çакна асра тытмалла: «Лаша çыннисем» юратура шанчăклах мар. Çав вăхăтрах вĕсен аллисем ылтăн тесе шутлаççĕ, вĕсем тĕрлĕ ларутăрăва тĕрĕс хак пама пĕлеççĕ тата укçа-тенке çирĕп тытаççĕ. Илемлĕ, йăлтăркка çипуçа кăмăллаççĕ. Хăйсен туйăмĕсене пытарма пĕлмеççĕ. Вĕсен девизĕ «ирĕклĕх тата савăнăç».

Пĕтĕмлетсе каласан, Лаша çулĕнче çуралнă çынсен характерĕ хире-хирĕçлĕхсемпе палăрса тăрать, тенĕ гороскопра.

## Йывăр кунсем çинчен

Мускавра тухакан хаçатсенче кашни уйăхрах сывлăхшăн йывăр килекен кунсем çинчен пĕлтереççĕ. Мĕнле кунсем вĕсем?
П. ИВАНОВ.
Сĕнтĕрвăрри районĕ.

ХАЛЬХИ вăхăтра çын сывлăхĕшĕн йывăртарах килекен кунсене пирĕн çĕршывра СССР медицина наукисен академийĕн Çĕпĕрти уйрăмĕнчи клиникăллă тата сăнавлă медицина институтĕнче тупса палăртаççĕ. Вĕсем унта Хĕвелăнĕç Çĕпĕрти çанталăка шутласа кăлараççĕ. Ун хыççăн çав вăхăта ытти хуласенче хăçан мĕнле пулассине шутласа тӳрлетӳсем кĕртеççĕ. Çакă паллă: январь уйăхĕн 3, 6, 19, 22, 24 тата 28-мĕш кунĕсем çын сывлăхĕшĕн йывăр кунсем. Ку вăл çĕрĕн физикăллă уйрăмлăхĕсенчен тата космос факторĕсенчен килет. Мĕншĕн тесен çанталăк мĕнле пуласси йăлтах çавсемпе çыхăннă. Планетăсем Хĕвел тавра, Уйăх Çĕр чăмăрĕ тавра мĕнле куçса пынипе тата ытти законсемпе те тачă çыхăннă.

## Прополис—паха эмел

«Прополис» ятлă эмел питĕ усăллă теççĕ. Ун çинчен каласа параймăр-ши?
Н. КАРАМЗИНА.
Шупашкар хули.

ПРОПОЛИС — грек сăмахĕ. Вăл вĕлле хурчĕсем туса кăларакан çилĕм (клей) тенине пĕлтерет. Унпа халăх медицининче анлăн усă кураççĕ. Пурнăç çакна лайăх катартса панă: чылай чухне медицина эмелĕсем усă паман çĕрте прополисран хатĕрленĕ препаратсем шанчăклă сыватаççĕ.

Прополис — бактерисемпе тата микробсемпе кĕрешмелли паха эмел. Юмăçсем унпа ĕлĕкех анлăн усă курнă: пĕр-пĕр суранран эмелленĕ. Хальхи вăхăтра ученăйсем унпа нумай-нумай чиртен сыватмалли майсем шыраса тупнă. Прополиспа мĕнпур ӳт-тир чирĕсенчен, сурансенчен, вар-хырăмпа пумăклă пыршă язвинчен, хĕрарăм чирĕсенчен, сунасран, грипран, радикулитран, венери чирĕсенчен сиплеççĕ. Нумай вăхăт хушши сиплесен, ӳпке туберкулезĕнчен те сывалма пулать.

Çакă интереслĕ: вĕлле хурчĕсем пĕр-пĕр çĕрĕк йывăç хăвăлне кĕрсе вырнаçаççĕ пулсан, вĕсем унта çĕрĕк вырăнсене кăшласа тасатаççĕ, тула кăларса пăрахаççĕ, йывăçăн сывă сийĕсене çилĕмпе — прополиспа сĕрсе лартаççĕ. Прополиспа витнĕ йывăç çĕрме чарăнать. Гнил карасĕсем те хăвалта çирĕп тăраççĕ.

Хуртсем вĕллере пурăннă чух вăлле стенисемпе маччине, урайне прополиспа сĕрсе тухаççĕ, çурăксене унпах питереççĕ. Ансăртран вĕллене кĕрсе кайнă чĕрчуна (шăши е çĕлен кĕрсен) сăхса вĕлереççĕ, çав чĕрчуна туртса кăларайман пирки ăна прополиспа витеççĕ. Çав чĕрчунсем вара унта вуншар çул хушши çĕрмесĕр выртма пултараççĕ.

Прополисран хатĕрленĕ эмелсене аптекăсенче сутаççĕ, килте хатĕрлеме те йывăр мар. Вĕсем пирки участокри врачсемпе канашласа пăхма сĕнетпĕр.

## Сысна сали хатĕрлесси

Хĕлле нумайăшĕн сысна ашĕ пур, сало та хатĕрлеме пулать. Анчах ăна мĕнле майпа тутлăрах тумалла-ши?
С. ИВАНОВ.
Тăвай районĕ.

САЛО хатĕрлемелли какая çуллă мар ашран уйăрмалла, вăтам пысăкăш тăваткал туса вакламалла. Пысăкрах татăк пулсан, тăвар лайăхрах виттĕр тесе, кăштах çĕçĕпе урлă-пирлĕ касма юрать. Сало татăкĕсене пур енчен те тăварпа сăтăрмалла. 15 килограмм сало валли 1 килограмм тăвар кирлĕ. Ун хыççăн вĕрилесе çунă савăта (каткана) тĕпне тăвар хурса, салине тачă-тачă вырнаçтарса тухмалла, кашни рет çине татах тăвар сапмалла. Йăлтах хурса пĕтерсен тăвар сапса ывăспа хупласа хумалла, йывăр япалапа пусăрăнтармалла. Çапла тусан, хăйне майăн тăвар çапса ларать. Темиçе эрнерен тăварланă салăна урăх савăта куçарас пулать. Хальхинче вара аялта выртнисене çӳлерех, çӳлтисене тĕпнерех хурсан аван.

Ик-виçĕ эрнерен сысна сали тăварланса çитет, ăна çиме юрать. Лайăх тăварланса çитнĕ сало ещĕке е пиртен çĕленĕ миххе ярса хурсан пăсăлмасть.

## ПИЛĔК АЧА ӲСТЕРСЕН КĂНА

Эпĕ пилĕк ача суратнă, анчах пĕри вилнĕ. Пире нумай ача амăшĕсен шутне кĕртмесĕр тĕрĕс тăваççĕ-и?
Е. ЯКОВЛЕВА.
Сĕмĕрле районĕ.

ВИÇĔ тата ытларах ача çуратнă хĕрарăмсем нумай ача амăшĕсем шутланаççĕ. Анчах 50 çулта тивĕçлĕ канăва каймашкăн пилĕк е ытларах çуратса, çав ачасене йĕркеллĕ пăхса çитĕнтермелле. Вилнĕ ачасен амăшĕсем ун пек çăмăллăхпа усă курма пултараймаççĕ.

## БИБЛИОТЕКАРЬ ПУЛАС КИЛЕТ

Манăн библиотекарь пулас килет. Ăçта тата мĕнле майпа вĕренме кĕмелли çинчен каласа параймăр-ши?
Ирина,
10-мĕш класс.
Хĕрлĕ Чутай районĕ.

БИБЛИОТЕКАРЬСЕНЕ Çĕрпӳре — республикăри культурăпа çутĕç училищинче (429900, Çĕрпӳ хули, Карл Маркс урамĕ, 10-мĕш çурт) вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Кăнтăрлахи уйрăмра библиотека ĕçне 2 çул вĕренмелле. Иртнĕ çулла вĕренме кĕмелли документсене кăнтăрлахи уйрăмах июлĕн 14-мĕшĕччен йышăннă. Экзаменсене июлĕн 15-мĕшĕнче тыттарма пуçланă. Кăçал мĕнлерех экзаменсем пуласси тата ытти ыйтусем çинчен культурăпа çутĕç училищин дирекцийĕпе çыхăну тытма сĕнетпĕр.

*Материалсене И. БОРИСКИН хатĕрленĕ.*

